им. М. Горького

ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

1953 çул Октябрь 13
ЫТЛАРИКУН
№ 200 (9109)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

## Паянхи номерте:



## Çĕртме сухине хăвăртрах туса пĕтермелле

Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерес ĕçре кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме сухине лайăх туни пысăк пĕлтерĕшлĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленире 1953 çулта колхозсемпе совхозсенче килес çулта сурхи тырăсем акмалли пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çинче кĕрхи çĕртме сухи туса хăварма кирлине тата пур колхозсенче те хура çĕртме тумалли плана ăнăçлă тултарма кирлине уйрăмах хытă палăртса панă.

Çĕртме сухи тумалли плана тĕрĕс пурнăçласа пынипе Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз çĕр ĕçне сӳлĕ пусăма çĕклерĕ. Машина-трактор станцийĕн трактор бригади çулсеренех кĕрхи çĕртме сухине тĕплĕн туса пырать, колхозниксемпе колхозницăсене тырпул тухăçлăхне хăпартма лайăх май туса парать. Сурхи тырăсене колхоз çулсеренех кĕрхи çĕртме сухине тарăн сухаланă çĕр çине акса пырать. Кĕрхи çĕртме тунă вăхăтра çĕре органикăлла тата минераллă удобренисем çителĕклĕ хывса çемçетет.

Сталин ячĕпе тăракан колхозра кăçал та Социализмла Ĕç Геройĕ П. Пронькин юлташ ертсе пыракан Вăрнар МТС-ĕн трактор бригади лайăх ĕçлерĕ. Бригада кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме сухи тумалли плансене пĕтĕмпех тултарчĕ.

Тырпул тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе малта пыракан ытти колхозсем те çĕртме сухине вăхăтра тăваççĕ. Красноармейски районĕнчи «Партизан» колхозра иртнĕ çулта кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме сухисене пит тăрăшса туса хăварнă. Çĕртме сухи тунă вырăнсене акнă тырăсем пысăк тухăçлă пулнă. Колхоз правленийĕ кăçал та МТС-па договор тунă чухне кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме сухисене тракторсемпе тума ыйтнă. Колхозниксем ыйтнипе В. Егоров юлташ ертсе пыракан трактор бригадинчи механизаторсем чыслăн пурнăçланă. Вĕсем килес çул çурхи тырăсем акмалли пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çинче кĕрхи çĕртме сухи тата çитес çулта кĕрхи тырăсем акмалли çĕр лаптăкĕ çинче хура çĕртме сухи туса хăварчĕç.

Пирĕн республикăри колхозсемпе МТС-сем кăçал, кӳршĕри Мордва тата Мари республикисемпе социализмла ăмăртăва тухса, 1953 çулхи кĕрхи çĕртме сухине çитес çул çурхи тырăсем акмалли пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çинче октябрĕн 15-мĕшĕнчен кая юлмасăр туса хăварма йышăннă. Малта пыракансем çак обязательствăна чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне Чурачăк тата Чкаловски МТС-сем районти колхозсенче кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме тумалли плансене ăнăçлă тултарчĕç. Çапла ку МТС-сенчи механизаторсем хăйсем йышăннă социализмла обязательствăсене пурнăçларĕç.

Çавăн пекех кĕрхи çĕртме сухи тăвас ĕç Улатăр, Вăрнар, Кувакино, Муркаш, Елчĕк районĕсенчи колхозсенче ăнăçлă пулса пырать. Улатăр районĕнчи колхозсем кĕрхи çĕртме тумалли плана 95,1 процент тултарнă, хура çĕртме сухи тумалли задание 63 процента яхăн пурнăçланă.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăхĕ енĕпе панă директивăсенче «Ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне малалла ӳстерсе пырасси çĕр ĕçĕнчи тĕп задача пулать», тесе кăтартса панă. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «ССР Союзĕнчи ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановленире те çак задачăна тĕп вырăна лартнă, тырпул тухăçлăхне хăпартса пымалли майсене кăтартса панă.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ялхуçалăхне аталантарассишĕн тăрăшни колхозниксемпе колхозницăсене, МТС-сенчи механизаторсемпе ялхуçалăх специалисчĕсене хавхалантарать, ялхуçалăхĕнче çĕнĕ çитĕнӳсем туса ĕçлеме çĕклет. Автономиллĕ тăванла вицĕ республика хушшинчи социализмла ăмăртăва хутшăнса илнĕ обязательствăсене пирĕн республика кăçал, иртнĕ çулсенчипе танлаштарсан, ăнăçлăрах пурнăçласа пырать. Республикăри колхозсем государствăна тырă хатĕрлесе памалли плана ăнăçлă пурнăçларĕç. Кĕрхине агротехникăлла лайăх срокра, пысăк пахалăхла ирттерчĕ. Авăн çапас ĕçе чылай колхозсем ăнăçлă вĕçлерĕç. МТС-сен хăватлă, çĕнĕ техникипе анлăн усă курса, нумай колхозсенче кĕрхи çĕртме сухи туса пĕтерчĕ, хура çĕртме сухине вăхăтра та ытларах туса хăварассишĕн кĕрешеççĕ.

Çапла пулин те çĕртме тăвас задачăна пурнăçлас тĕлĕшпе пур колхозсемпе МТС-сенче те кирлĕ пек кĕрешни çук-ха. Çакă вăл кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме сухи тăвассипе хăшпĕр районсемпе МТС-сем юлса пынинчен курăнать. Октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне республикăра кĕрхи çĕртме тумалли плана 78,6 процент, хура çĕртме тумалли плана 44,5 процент кăна тултарнă. Уйрăм районсенче кĕрхи çĕртме сухине 49—50 процент чухлĕ кăна тунă. Хăшпĕр МТС директорĕсемпе колхоз председателĕсем çĕртме тăвас ĕçсене кирлĕ пек организацилесе пымаççĕ. Куславкка МТС-ĕ кĕрхи çĕртме тумалли плана 49,6 процент кăна тултарнă. Нумай тракторсем тĕрлĕ сăлтавсемпе ĕçлемесĕр тăраççĕ, анчах МТС дирекцийĕ кĕрхи çĕртме тăвас ĕçе чарса тăракан сăлтавсене сирме тăрăшмасть. Сĕнтĕр районĕнчи нумай колхозсенче тракторсене тухăçлă ĕçлеме лайăх майсем туса паман. «1905 год» тата Сталин ячĕпе тăракан колхозсенче, уй-хиртен тырпула вăхăтра турттарса кĕртмен пирки, тракторсем ĕçлемесĕр нумай тăнă. Партин Етĕрне райкомĕ те МТС ĕçĕпе сахал интересленет. Районра ку таранччен те кĕрхи çĕртме сухине 56 процент, хура çĕртме сухи тумалли плана 19,3 процент кăна тултарнă. Кунта ĕнтĕ çанталăк условийĕсем ытти çĕртинчен уйрăмах япăх пулман. Çакă вăл Етĕрне районĕнчи руководительсем колхозниксемпе механизаторсен социализмла ăмăртăвне ертсе пыманнине çеç кăтартса парать.

Парти райкомĕсемпе райсовет исполкомĕсем çĕртме тăвас ĕçе ертсе пырассине вăйлатма тивĕçлĕ. Машина-трактор станцийĕсен руководителĕсен трактор бригадисене ертсе пырассине лайăхлатмалла. Кĕрхи çĕртмере тракторсемпе икĕ сменăпа ĕçлемелле тăвас пулать, трактористсене смена нормисене тултарса тата ирттерсе тултарса ĕçлеме кирлĕ условисем туса памалла. Колхоз председателĕсен вĕсене вĕри апат, ăшă та таса хваттерсем тупса парас пулать, трактористсен кану вăхăтне культурăллă ирттерме майсем тумалла.

Ялхуçалăх органĕсен, ялхуçалăх специалисчĕсен колхозниксемпе механизаторсене кăçалхи ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлă вĕçлеме пулăшмалла. Кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме сухи тумалли плансене пур колхозсенче те пĕтĕмпех тултармалла. Çакă вăл çитес çулта пысăк тухăçлă тырпул туса илмелли çирĕп никĕс пулнине яланах асра тытмалла.

★

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Чкалов облаçĕнчи Белозерски МТС-ĕн комбайнерне П. В. Нектова Социализмла Ĕç Геройĕ ятне парасси çинчен

Белозерски МТС-ĕн комбайнерĕ Прокофий Васильевич Нектов, Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче Тăван çĕршыва хӳтĕлесе йывăр аманнипе икĕ урасăр тăрса юлнă пулсан та, тырпул пухса кĕртес тата авăн çапас ĕçсенче чылай çулсем хушши пысăк çитĕнӳсем туса ĕçре паттăрлăх кăтартнине палăртса, СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ çапла йышăнать:

Прокофий Васильевич Нектова Социализмла Ĕç Геройĕ ятне тата Ленин орденĕпе «Çурлапа Мăлатук» ылтăн медаль парас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Н. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль.
1953 çулхи октябрĕн 10-мĕшĕ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### А. В. Винтер академика Ленин орденĕпе наградăласси çинчен

Совет энергетикине аталантарас ĕçре тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн тата çуралнăранпа 75 çул тултарнă май Александр Васильевич Винтер академика Ленин орденĕпе наградăлас.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ Н. ВОРОШИЛОВ.
СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль.
1953 çулхи октябрĕн 9-мĕшĕ.

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Куйбышев ГЭС-не тунă çĕрте

ЖИГУЛЕВСК, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Куйбышев ГЭС-не тăвакансем тăваттăмĕш кĕркуннене кĕтсе илчĕç. Ĕçсем кунтан-кун вăйланса пыраççĕ. Атăл сыравĕн икĕ енĕнче те пулас гидроэлектростанци уççăнрах та уççăнрах палăрма пуçларĕ.

Гидростроевецсем ГЭС котлованĕ тума Атăл тĕпне çурри таран пӳлсе илнĕ. Çак вырăнта 7 миллион кубометра яхăн тăпра кăларнă. Хальхи вăхăтра çĕр чавакан машинăсен экипажĕсем тăпра, чул, хăйăр купаласа тунă çӳлĕ хӳмепе Атăл шывĕнчен картласа хунă вырăнта ĕçлеççĕ.

Октябрь уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртура «Уралец» экскаваторпа ĕçлекенсен 2-мĕш бригади малта пырать. Механизаторсем заданирен ирттерсе пиншер кубометр тăпра кăларнă.

Котлован тĕпĕнче, 30 метр аялта, ТЭС çурчĕн никĕсĕ валли бетон хывас ĕç пырать. Бетон турттарса пырса хывас ĕçре Ярославль автозаводĕнче туса кăларнă автосамосвалсемпе тата 25 тонна груз çĕклекен гусеницăлла крансемпе усă кураççĕ.

Техникăпа тухăçлăн усă курассишĕн социализмла ăмăртăва хутшăнса, бетонщиксем кĕске срокра 12 пин кубометра яхăн бетон хывнă.

Котлованра монтаж ĕçĕсем те анлăн саралса пыраççĕ. Çак кунсенче Могутово сăрчĕ патĕнчен бетон заводне çитиччен карса тунă çула тĕрĕслесе пăхнă. Çак сулпа, хурçă канатсем тăрăх, груз тиенĕ малтанхи вагонетка пырса çитнĕ. Хальхи вăхăтра ку çула тăвас ĕç вĕçленсе пырать.

## Çулталăк планне тултарнă

КАНТĂР-САХАЛИНСК, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). «Дальнефть» пĕрлешĕвне вĕрекен иккĕмĕш кантур çулталăк программине тултарнă. Планран ирттерсе 2 миллион тенкĕ ытла услам илнĕ.

Аслă Октябрь 36 çул тултарнă ятпа ăмăртăва хутшăнса, бурильщиксен бригади çак çул вĕçлениччен планран ирттерсе татах 10 пин метр чухлĕ çĕр пăраласа шăтарма пулнă.



Грозный хули. Грозный станцийĕнчен кашни кунах çĕршыври тĕрлĕ вырăнсене пиншер тонна бензин, краççын, лигроин тата машинăсене сĕрмелли çусем ăсатаççĕ.

Çак кунсенче чугун çул работникĕсем ялхуçалăхĕ валли нефть продукчĕсем планран ирттерсе 11-мĕш эшелон ăсатнă.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Грозный станцийĕнчи дежурнăй Л. А. Фараонова тата поезд составителĕ А. Н. Кобышев Украинăна нефть продукчĕсем илсе каякан эшелона ăсатма хатĕрлеççĕ.

К. БОГДАНОВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Парти пурнăçĕн хроники

МИНСК, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Минск хулинчи парти организацийĕн актив пухăвĕ парти вĕренĕвĕн малтанхи кунĕсенчи занятисен итогĕсене итлесе сӳтсе явнă.

Октябрĕн 1-мĕшĕнче хулари 32 пин ытла коммунист тата партире тăман активист вĕренме тытăннă. Вĕренӳ çулне парти организацийĕсен пысăк пайĕ ăнăçлă пуçланă. «Большевик» тата Киров ячĕпе тăракан заводсенче, Крупская ячĕпе тăракан фабрикăра, БССР вырăнти тата топливо промышленность министерствинчи организацисенче занятисем идейăпа теори тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра иртнĕ.

Çакăнпа пĕрлех пуху çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес тата занятисем ирттерес ĕçре пулнă çитменлĕхсене те палăртнă.

Пуху парти вĕренĕвĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме тивĕçлĕ решени йышăннă.

ТАШКЕНТ, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Партин хула комитечĕн библиотекинче промышленность предприятийĕсен экономикине вĕренес ыйту тăрăх ĕçлекен семинарта малтанхи занятисем пулса иртнĕ. Семинарта хулари заводсемпе фабрикăсен директорĕсемпе главнăй инженерĕсем 60 çын ытла вĕренеççĕ. Семинар программине çак ыйтусем кĕреççĕ: заводри ĕçсене планласси, хуçалăх расчечĕ, продукцин хăйне ларакан хакĕ, ĕç укçи, производствăри резервсемпе усă курасси, малта пыракан ĕç меслечĕсене производствăна кĕртесси тата ыттисем те.

Çавăн пек семинарсем хальхи вăхăтра парти райкомĕсенче пуринче те тăваççĕ. Райкомсем çумĕнчи семинарсенче промышленность предприятийĕсен экономикине заводсемпе фабрикăсенчи цехсен, пайсен начальникĕсем, мастерсем, главнăй бухгалтерсем, инженерсем, техниксем вĕренеççĕ.

Хуласенчи, районсенчи тата заводсенчи парти библиотекисем политэкономие тата промышленность предприятийĕсен экономикине вĕренекенсене пулăшма лекцисем организацилеççĕ.

## ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ—ЯЛХУÇАЛĂХНЕ

Промышленность предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисемпе служащисем ялхуçалăхне пысăк пулăшу параççĕ.

Октябрĕн 9-мĕшĕнче Ивановăри торф предприятийĕсем валли машинăсем туса кăларакан завод Иваново районĕнчи «Верный путь» колхоз валли парник рамисем туса панă. «Красная Талка» фабрика Лежнев районĕнчи хăй шефа илнĕ «Красная заря» ялхуçалăх артельне рабочисен бригадине янă. Вĕсем колхоза выльăх апачĕ хатĕрлекен кухня туса параççĕ.

Предприятисем пулăшнипе колхозсенче парник рамисем 30 пинрен 63,5 пине çити ӳсеççĕ. Теплицăсен пысăкăшĕ 12 хута яхăн ӳсет.

Кавскри литейно-механически завод Тальски МТС-не шефа илнĕ. Завод машина-трактор станцин мастерскойне кирлĕ инструментсем тупса пама пулнă. Электростанци строительствинче монтаж ĕçĕсем туса ирттерме тата пĕчĕкрех механизаци ĕçĕсене вĕçлесе çитерме ялсене специалистсем яраççĕ.

Ленинградри тинĕс шыв суту-илӳ портĕнче ĕçлекен рабочисен коллективĕ ялхуçалăх ĕçченĕсене пысăк пулăшу парать. Рабочисен бригади Кингисепп районĕнчи «Светлая жизнь» колхоза электричество кĕртет. Çак вăхăта 10 километр тăршшĕ пысăк вольтлă лини карса тухнă, Луга юханшывĕ урлă пралуксем карма икĕ тимĕр юпа вырнаçтарса лартнă. Трансформаторнăй вицĕ подстанци туса лартаççĕ.

«Заря коммунизма» колхоз валли портра ĕçлекен рабочисем 1.300 парник рамисем хатĕрлесе параççĕ. Çавăн пекех Пашковски районти «Красный май», «Комсомолец» колхозсем валли 800 рама хатĕрлеççĕ.

Мускав облаçĕнчи Люберцы станцинчи Ухтомский ячĕпе тăракан завод коллективĕ октябрĕн 9-мĕшĕнче Украинăри тата Белоруссири колхозсемпе МТС-сем валли 75 вагон ялхуçалăх машинисем ăсатнă.

Октябрĕн 12-мĕшĕ. (ТАСС).

# ÇĔРУЛМИПЕ ПАХЧА ÇИМĔÇСЕНЕ ÇАК КУНСЕНЧЕХ КĂЛАРСА ПĔТЕРЕР!

★

ЧĂВАШ АССР-ĕнчи РАЙОНСЕНЧЕ ЯЛХУÇАЛĂХ ĔÇĔСЕМ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА
Октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне. (процентпа)

| РАЙОНСЕМ | Çĕрулми кăларнă | Кĕрхи çĕртме тунă | Хура çĕртме тунă | Вăрлăх фончĕ хывнă | Тракторсемпе тумалли ĕçсен çулталăкри планне тултарнă |
|---|---|---|---|---|---|
| Елчĕк | 100 | 91 | 48 | 112 | 99 |
| Комсомольски | 99 | 86 | 26 | 102 | 98 |
| Чкаловски | 98 | 96 | 20 | 104 | 105 |
| Первомайски | 96 | 82 | 50 | 101 | 92 |
| Муркаш | 96 | 89 | 50 | 96 | 95 |
| Кувакино | 95 | 88 | 32 | 97 | 102 |
| Красноармейски | 94 | 76 | 71 | 82 | 83 |
| Шупашкар | 94 | 65 | 18 | 89 | 91 |
| Калинино | 92 | 72 | 17 | 81 | 87 |
| Етĕрне | 91 | 56 | 19 | 99 | 77 |
| Ишлей | 91 | 73 | 62 | 85 | 95 |
| Тăвай | 91 | 86 | 77 | 95 | 85 |
| Сĕнтĕр | 90 | 76 | 84 | 91 | 82 |
| Çĕмĕрле | 90 | 78 | 20 | 89 | 84 |
| Чурачăк | 89 | 96 | 48 | 100 | 100 |
| Шăхасан | 89 | 79 | 48 | 100 | 88 |
| Вăрмар | 88 | 78 | 69 | 101 | 89 |
| Пăрачкав | 87 | 75 | 30 | 94 | 106 |
| Хĕрлĕ Чутай | 87 | 72 | 61 | 79 | 87 |
| Йĕпреç | 86 | 83 | 33 | 95 | 101 |
| Вăрнар | 86 | 93 | 44 | 87 | 96 |
| Çĕрпӳ | 84 | 63 | 71 | 83 | 88 |
| Шăмăршă | 83 | 84 | 33 | 96 | 98 |
| Канаш | 82 | 78 | 36 | 85 | 88 |
| Улатăр | 80 | 95 | 63 | 103 | 102 |
| Октябрьски | 78 | 65 | 12 | 87 | 84 |
| Элĕк | 77 | 77 | 37 | 84 | 89 |
| Советски | 71 | 70 | 51 | 74 | 84 |
| Сĕнтĕрвăрри | 70 | 65 | 41 | 85 | 82 |
| Куславкка | 60 | 50 | 44 | 88 | 86 |

★ ★ ★

## МТС çулталăк планне тултарнă

ЧКАЛОВСКИ, октябрĕн 12-мĕшĕ. (Телефонпа). МТС коллективĕ 1953 çулта районти колхозсенче тракторсемпе ĕçлемелли плана тултарчĕ, планран ирттерсе 3.118 гектар сухаланă чухлĕ ĕç турĕ.

11.778 гектар çинче кĕрхи çĕртме сухи туса, плана 102,4 процент тултарнă тата 342 гектар çинче хура çĕртме сухи тунă. Районти 20 колхозран 19 колхозра кĕрхи çĕртме тумалли плана тултарнă тата ирттерсе тултарнă.

Пирĕн МТС-ра 14 бригада. Вĕсенчен 13-шĕ кĕрхи çĕртме тумалли задание ирттерсе тултарчĕç. Хальхи вăхăтра пур тракторсене те районти колхозсенче хура çĕртме сухи тума куçарнă.

Трактористсемпе комбайнерсем хушшинче анлăн сарăлнă социализмла ăмăртура ялан пекех Михайлов юлташ ертсе пыракан трактор бригади малта пычĕ. Ку бригадăри механизаторсем хăйсене çирĕплетсе панă тракторсемпе 1.000 гектар сухаланă чухлĕ ĕçлес вырăнне, 1.189 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă, плана 116 процент тултарнă.

А. Сухановпа М. Кузнецов трактористсем «ДТ-54» тракторпа кашни 428-шар гектар, А. Ырковпа О. Салмин трактористсем 430-шар гектар, А. Быковпа А. Табаков трактористсем—310-шар гектар кĕрхи çĕртме тунă.

А. Табаков юлташ ертсе пыракан бригада районти юлса пыракан «Путь Ленина» колхозра кĕрхи çĕртме сухи планне ирттерсе тултарчĕ. Çак бригадăри Н. Табаковпа Н. Прохоров юлташсем пурĕ 370 гектар çинче кĕрхи çĕртме туса хăварнă.

МТС коллективĕ тракторсене график тăрăх юсама тытăнма хатĕрленет. Октябрĕн 18-мĕшĕнче юсав ĕçне пуçăнатпăр. МТС мастерскойĕ тракторсене юсама хатĕр. Машинăсене узловой меслетпе юсама ĕç вырăнĕсем туса çитертĕмĕр.

А. СТЕПАНОВ,
МТС директорĕ.

## Тарăн сухалатпăр

КРАСНОАРМЕЙСКИ, октябрĕн 12-мĕшĕ. (Телефонпа). Трактор бригадисем хушшинчи социализмла ăмăрту кунтан-кун вăйланса пырать. МТС кĕрхи çĕртме тумалли плана 76,1 процент, хура çĕртме тумалли плана 71,4 процент тултарчĕ. Трактористсем кĕрхи çĕртме сухине октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне туса пĕтерессишĕн кĕрешеççĕ.

Механизаторсем кĕрхи çĕртме сухине пысăк пахалăхпа туса хăварма тăрăшаççĕ. План тăрăх пирĕн кăçал кĕрхи çĕртме сухине 25—30 сантиметр тарăнăш пурĕ 400 гектар çинче туса хăвармалла. Хăватлă тракторсен вăйĕпе тулли усă курса, 3.250 гектар сухаланă.

Бригадăсен ăмăртăвĕнче «Партизан» колхозра ĕçлекен В. Егоров юлташ бригади малта пырать. Ку бригада кĕрхи çĕртме тата хура çĕртме тумалли плана пĕтĕмĕшпех тултарчĕ. Çавăн пекех бригада çулталăк хушшинче тумалли ĕçсен заданине те ăнăçлă пурнăçларĕ.

В. Егоров бригади хыççăн хăйсен хастарлă ĕçĕсемпе Я. Белов юлташ ертсе пыракан бригадăри механизаторсем палăрса тăраççĕ. Вĕсем те Молотов ячĕпе тăракан тата «Красная Шатьма» колхозсенча договорпа пăхнă ĕçсене ăнăçлă пурнăçларĕç.

Л. Васильев тата Г. Иванов юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисем те колхозсенче кĕрхи çĕртме сухи тумалли плана ăнăçлă тултарнă.

И. АНДРЕЕВ,
МТС главнăй агрономĕ.

★

## Силос хывас ĕçе хакламаççĕ

ОКТЯБРЬСКИ. «Новая жизнь» колхоз—районти пысăк колхозсенчен пĕри. Унăн фермисенче 1.000 пуç ытла выльăх шутланать. Паллах, вĕсене хĕл каçарма апат нумай кирлĕ. Выльăх апачĕ çитменни колхоза çулсеренех пысăк йывăрлăхсем кӳрет. Анчах колхоз руководителĕсем çакăнтан кирлĕ выводсем туман. Колхозра паянхи кунччен силос хывас ĕçе хакламаççĕ. Планпа 330 тонна силос хывмалла, пурĕ те 52 тонна кăна хывнă.

Колхоз правленийĕн председателĕ М. Ефимов юлташ çак ĕçе трактор бригади туса памалла, тет, анчах хăй колхозниксене ĕçе кăларма бригадирсене наряд та памасть.

Тимошенко ячĕпе, Буденный ячĕпе тăракан, «Свобода», «Победа», «Восток» колхозсем силос хывмалли плана чылай çул хушши тултарман. Кăçал та вĕсем плана тултарасси курăнмасть. «Культура» тата «Социализм» колхозсенче те ĕç япăх пырать. Вĕсем 20—30 тонна силос хывнипех лăпланса ларнă.

Районта пĕр колхоз та силос хывмалли плана тултарман.

Силос хывас ĕçпе район юлса пынăшăн МТС дирекцийĕ те айăплă. Р. Лаврентьев, С. Егоров, Н. Семенов юлташсем ертсе пыракан трактор бригадисем силос хывмалли плана хăйсем ĕçлекен колхозсенче 20 процент та тултарман. Çавăн пек юлса пынипе районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ те татăклă кĕрешмест.

В. ТРОФИМОВ.

## ПАРТИ ПУРНӐҪӖ

# Клубсенчи нагляднӑй агитаци пирки

Нагляднӑй агитаци политикӑлла агитацин пӗр пайӗ пулса тӑрать. Вӑл тӗллевлӗ пулмалла, коммунизм строительствин ӗҫченӗсене Коммунистсен партийӗпе Совет правительствин политикине ӑнланма, парти ертсе пынипе совет халӑхӗ тунӑ ҫитӗнӳсене кӑтартса пама, ҫӗршыв, республика, район, уйрӑм предприятисемпе организацисем, колхозсемпе совхозсем умӗнче тӑракан задачӑсене чыслӑн пурнӑҫлама пулӑшса тӑмалла, критикӑпа самокритика никӗсӗ ҫинче тӑрса, ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерме пулӑшмалла.

Эпир клубра нагляднӑй агитацие ҫапла йӗркелерӗмӗр. Клубра истори пропаганди кӗтесӗ организацилерӗмӗр. Унта промышленность, ял хуҫалӑхӗ, транспорт, сывлӑх, сут-илӳ тата совет ҫыннисен культурӑпа материальнӑй пурнӑҫне аталантас тӗлӗшпе пиллӗк ҫул хушшинче мӗнле ҫитӗнӳсем тума палӑртнине кӑтартса панӑ, пиллӗк ҫул хушшинче ҫӗнӗрен тума е тата туса пӗтерме палӑртса хунӑ чугун ҫулсен, реконструкцилеме йышӑннӑ портсен карттисене туса ҫакнӑ. Саксене пурне те хамӑр ҫырса турӑмӑр.

Халӗ ҫав кӗтесе диаграммӑсемпе кӑна мар, картинӑсемпе те илемлетрӗмӗр. XIX-мӗш съездра Г. М. Маленков юлташ Центральнӑй Комитет ӗҫӗсем ҫинчен тунӑ отчетлӑ доклад тӑрӑх тепӗр кӗтес—«СССР тата тӗнчери ытти ҫӗршывсем партин XVIII-мӗшпе XIX-мӗш съезчӗсем хушшинче» ятлӑ кӗтес организацилерӗмӗр. Унта партин XVIII-мӗш съезчӗ иртнӗренпе совет халӑхӗ тунӑ ҫитӗнӳсене, халӑх демократиллӗ ҫӗршывсен социализма ҫӗнтерӗвне, капитализмла тӗнче хуҫалӑхӗ мӗн тери юлса пынине кӑтартса панӑ.

Ҫав материалсемпе агитаторсем, парти историне хӑйсем тӗллӗн тата кружокра вӗренекен коммунистсем усӑ кураҫҫӗ, колхозниксем те тӑтӑшах паллашаҫҫӗ.

Кӑҫал ҫуркунне, артель членӗсем 1953 ҫул валли ҫӗнӗ социализмла обязательствӑсем йышӑннӑ хыҫҫӑн, ҫав обязательствӑсене диаграммӑсемпе, картинӑсемпе илемлетсе, «Буденный ячӗпе тӑракан колхоз 1953 ҫулта мӗншӗн кӗрешет» ятлӑ стенд-кӗтес турӑмӑр. Ҫавӑнпа пӗрлех тата «Вӑйлӑ тырпулшӑн» ятлӑ тепӗр кӗтес организацилерӗмӗр. Кунта вара ҫӗршыври паллӑ ученӑйсен сӑнӗсене — К. А. Тимирязев, В. В. Докучаев, П. А. Костычев, В. Р. Вильямс, И. В. Мичурин, Т. Д. Лысенко портречӗсене тӑратнӑ, тӑпра структурине лайӑхлатас, тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерес тӗлӗшпе вӗсем тунӑ пархатарлӑ ӗҫсене кӑтартнӑ, вӗсем каланӑ паха сӑмахсене пурне те лайӑх курӑнмалла вырнаҫтарнӑ. Унтах партипе правительство йышӑннӑ историлле решенисем, тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерме чӗнекен плакатсем, ытти картинӑсемпе лозунгсем, кӗнекесемпе брошюрӑсем пур.

Саксем пирӗн нумай вӑхӑт валли организациленӗ кӗтессем пулса тӑраҫҫӗ. Вӗсенчен хӑшне-пӗрне эпир ҫулталӑкра пӗрре кӑна улӑштаратпӑр е урӑхлатса ҫӗнететпӗр. «Буденный ячӗпе тӑракан колхоз 1953 ҫулта мӗншӗн кӗрешет» ятлӑ кӗтес ҫулталӑк вӗҫне ҫитиччен ҫакӑнса тӑрать. Ҫулталӑк вӗҫленсен, эпир ӑна улӑштаратпӑр, ун вырӑнне ҫӗнӗ кӗтес—килес ҫулхи обязательствӑсене мӗнле пурнӑҫланине кӑтартса паракан, «Колхоз 1953 ҫулта ӗҫленин итогӗсем» ятлӑ ҫӗнӗ кӗтес тӑватпӑр. Ӑна эпир 1951 ҫулта та, 1952 ҫулта та тунӑ.

Ҫавӑн пек, ялхалӑха е нумайтарах вӑхӑт валли организациленӗ кӗтессемсӗр пуҫне, пирӗн вӑхӑтлӑха, пӗр-пӗр историлле событисене е уйрӑм кунсене паллӑ туса организациленӗ кӗтессемпе выставкӑсем те пур. Сӑмахран, ҫавӑн пек выставкӑсене эпир Октябрьти Социализмла революци ҫӗнтернӗ куна тата ытти паллӑ кунсене паллӑ туса ҫулсеренех организацилетпӗр. Сӑмахран, 1953 ҫулта ҫавӑн пек кӗтессемпе выставкӑсене эпир вырӑссен пролетарилле аслӑ писателӗ А. М. Горький ҫуралнӑранпа 85 ҫул тултарнӑ куна паллӑ туса, вырӑссен аслӑ драматургӗ А. Н. Островский ҫуралнӑранпа 130 ҫул тултарнӑ, совет саманинчи талантлӑ писатель В. В. Маяковский ҫуралнӑранпа 60 ҫул тултарнӑ тата вырӑссен аслӑ писателӗ Л. Н. Толстой ҫуралнӑранпа 125 ҫул тултарнӑ кунсене паллӑ туса организацилерӗмӗр. Паллах ӗнтӗ, вӗсене эпир хамӑр ҫӗршывра пурӑннӑ мухтава тивӗҫлӗ ҫынсен чаплӑ пурнӑҫӗпе колхозниксене лайӑхрах паллаштарас, тесе тӑватпӑр.

Нагляднӑй агитацие эпир колхоз производствипе таччӑн ҫыхӑнтарса туса пыратпӑр. Сӑмахран, эпир вӑл ӗҫе уйрӑм тырпулсене пухса кӗртнӗ вӑхӑтра ҫапла йӗркелерӗмӗр. Колхоз правленийӗн ҫуртӗнче ятарласа тырпула вӑхӑтра, пӗр тӑкаксӑр пухса кӗме, государствӑна тырӑ памалли плана срокчен тултарма чӗнекен плакатсемпе, лозунгсемпе илемлетсе, пӗр кӗтес организацилерӗмӗр. Кӗтесе вырнаҫтарнӑ материалсем И. В. Сталинӑн паллӑ сӑмахӗсенчен пуҫӑнаҫҫӗ. Малалла вара унта колхозӑн тырпула пухса кӗртмелли ӗҫ планне, хӑш уйра мӗнле культурӑсем акнине кӑтартакан карта-схема, тырпул пухса кӗртес тӗлӗшпе колхозра тата бригадӑсенче иртнӗ ҫулхипе, ӑмӑртакан колхозпа тата районпа танлаштарсан, ӗҫсем мӗнле пынине кӑтартакан диаграммӑсем вырнаҫтартӑмӑр.

Кунсӑр пуҫне кашни кунта пӗрре тырпулсене пухса кӗртес, государствӑна тырӑ пама хатӗрлес ӗҫсем бригадӑсенче мӗнле пыни ҫинчен нумай тиражлӑ информацилле бюллетеньсем кӑларса тӑтӑмӑр. Ун пек бюллетеньсем пурӗ 10 хут, пӗтӗмпе 60 экземпляр кӑларнӑ. «Коммунизмшӑн» ятлӑ стена хаҫачӗ те 6 экземпляр тухса тӑрать. Паллах ӗнтӗ, агитаци ӗҫне сӑмах вӗҫҫӗн те, бригадӑсенчи агитаторсем урлӑ та туса пынӑ. Политикӑлла агитацие ҫавӑн пек, пур енӗпе те йӗркелени колхоза тырпулсене вӑхӑтра пухса кӗртме чылай пулӑшрӗ. Колхоз государствӑна тырӑ памалли плана августӑн 25-мӗшне тултарчӗ, сентябрӗн 1-мӗшне пӗтӗм лаптӑк ҫинчи тырпула пухса пӗтерчӗ.

Клуб ҫумӗнче пирӗн «Тӗнче тӑрӑх», «Юлашки хыпарсем» ятлӑ листовкӑсем те тухса тӑраҫҫӗ.

**Р. МАЛЮТИН,**
Мамӑшри клуб заведующийӗ.
Ишлей районӗ.

# Лайӑх вӗрентессишӗн

(Пропагандист ҫырӑвӗ)

Темиҫе ҫул хушши ӗнтӗ эпӗ пропагандист пулса ӗҫлетӗп. Кӑҫал та, иртнӗ ҫулхи пекех, «Водсвет» трестӗнчи парторганизацинче КПСС историне вӗренмелли кружока ертсе пыратӑп. Иртнӗ вӗренӳ ҫулӗнчи хамӑн ӗҫ опычӗ ҫинчен пӗр-ик сӑмах каласа парас килет.

Пирӗн кружокра 12 ҫын вӗренчӗ, вӗсенчен пиллӗкӗшӗ—коммунистсем, виҫҫӗшӗ — комсомолецсем. Вӗренӳ пуҫланиччен эпӗ вӗсене пӗрле пухса калаҫрӑм, кружокӑн программипе паллаштартӑм, вӗренӳре кирлӗ пулакан кӗнекесем илсе хатӗрлеме сӗнӳ патӑм.

Занятие ҫулӗ пуҫӑмра иртерес тесен, пропагандистӑн материала хӑйӗн лайӑх пӗлмелле. Ҫакна эпӗ яланах асра тытса, кашни занятие тӗплӗн хатӗрленетӗп. КПСС хула комитечӗ иртерекен семинарсем мана занятисем иртерме пысӑк пулӑшу параҫҫӗ. Занятисене хатӗрленнӗ чух эпӗ методикӑлла пособипе усӑ куратӑп.

Пирӗн кружокра вӗренекен юлташсем занятисене лайӑх хатӗрленсе пыраҫҫӗ, ыйтусем ҫине яланах тӗплӗн ответлеҫҫӗ. Ҫакӑ вӑл, чи малтанах, вӗсем килте тӑрӑшса, лайӑх хатӗрленнинчен килет.

Материала лайӑх ӑнланни нагляднӑй пособисемпе (картинӑсемпе, альбомсемпе) пӗлсе усӑ курнинчен тата уйрӑм темӑсем тӑрӑх илемлӗ литература произведенийӗсем вуланинчен нумай килет. Сӑмахран, КПСС историйӗн пӗррӗмӗш сыпӑкне вӗреннӗ чухне эпӗ вӗсене Г. И. Успенскин «Четверть лошади» тата «Книжка чеков», Н. А. Некрасовӑн «Кому на Руси жить хорошо» ятлӑ произведенийӗсене вулама сӗнтӗм. Унсӑр пуҫне эпир И. Поповӑн «Семья» ятлӑ пьеси тӑрӑх лартнӑ спектакле, ҫавӑн пекех иртнӗ ӗмӗрти пурнӑҫа сӑнласа паракан кинокартинӑсене пӗрле кайса куртӑмӑр. Ҫаксем пурте уйрӑм темӑсене тӗплӗн вӗренме пулӑшрӗҫ.

Коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗн материалӗсене вӗреннӗ вӑхӑтра та эпир ҫав меслетсемпе анлӑн усӑ куртӑмӑр. Кӑҫал та эпӗ ҫак ҫулте асӑннӑ майсемпе анлӑн усӑ куратӑп.

Иртнӗ вӗренӳ ҫулӗ вӗҫӗнче иртернӗ итоглӑ занятисем кружокра вӗренекенсем лайӑх пӗлӳ илнине кӑтартса пачӗҫ. Тӑрӑшса вӗренни сая каймарӗ. Кружокра вӗренекенсенчен нумайӑшӗ, сӑмахран, Софронов, Тимофеев, Комлова, Семенова, Васильева тата ытти юлташсем те вӗреннӗ темӑсем тӑрӑх лайӑх ответлерӗҫ. Вӗсем,—вӗренӳре малта пыраканскем, производствӑра та лайӑх тӗслӗхсем кӑтартса ӗҫлеҫҫӗ.

Кӑҫалхи вӗренӳ ҫулне хатӗрленме пире комсомол тата профсоюз организацийӗсем активлӑн пулӑшрӗҫ. Политшкулсемпе кружоксенче вӗренекенсене эпир август уйӑхӗнчех палӑртса ҫитертӗмӗр. Кӑҫал тӑватӑ политшкул, КПСС историне вӗренмелли пилӗк кружок тата КПСС историне марксизм-ленинизм классикӗсен произведенийӗсем тӑрӑх вӗренмелли икӗ кружок ӗҫлеҫҫӗ. 16 ҫын КПСС историне харпӑр хӑй тӗллӗн тата 6 ҫын каҫхи вӑтам шкулта вӗренет. Ҫапла вара кӑҫал пурӗ 168 ҫын вӗренет.

Парти вӗренӗвӗн ҫӗнӗ ҫулне эпир пур енчен те хатӗрленсе кӗтсе илтӗмӗр: занятисем иртерме пӳлӗмсем, вӗренӳре усӑ курмалли материалсем, тӗрлӗ нагляднӑй пособисем ҫителӗклӗ.

Пуҫламӑш парторганизаци парти вӗренӗвӗн кӑҫалхи ҫулне пӗлтӗрхинчен лайӑхрах иртерессишӗн тӑрӑшать.

**П. ФОМИН,**
Партбюро секретарӗн заместителӗ.

## ФЕЛЬЕТОН

# Никам тӗкӗнеймн Стратон Герасимов

Чурачӑк район центрӗнче юлашки вӑхӑтра, кирек хӑш учрежденине пырсан та, Стратон Герасимов ятне грамматикӑн мӗнпур падежӗсем тӑрӑх вӗҫлеҫҫӗ.

— Стратон Герасимов вӑл питӗ кутӑн,—терӗҫ ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗнче.—Акӑ пӑхӑр. 1952 ҫулта вӑл хӑйӗн килӗнчи хуҫалӑхӗнчен государствӑна 18 килограмм аш-какай, 148 литр сӗт тата ҫӑм памарӗ. Кӑҫал тата ытларах кутӑна печӗ, 9 уйӑх иртсе те государствӑна выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем пӗр килограмм та паместь.

— Кутӑнланса тӑрать пулсан, мӗншӗн закон тӑрӑх ответ тыттармастӑр?

— О, Стратон Герасимовпа тытӑҫса пӑхӑр-ха,—терӗҫ хатӗрлевҫӗсем,—тӗлӗн кӑтартӗ вӑл.

— Халӗх ун ҫинчен ыйтатӑр?—терӗҫ финанс пайӗнче.—Вӑл укҫа-тенкӗ парӑмӗсене нихҫан та ҫын сӗврӑ тӳлесе курман. Акӑ, халӗ те, унра 298 тенкӗ парӑм шутланса тӑрать.

— Мӗншӗн закон тӑрӑх шыраса илместӗр?

— Сире ку сӑмаха калама ансат,—терӗҫ финансистсем,—Стратон Герасимовран укҫа ыйтса пӑх-ха, тенӗн каласа хӑратса пӗтерӗ.

— Стратон Герасимов государство займӗсен облигацийӗсене туянма кашни ҫулах ҫырӑнать, анчах эпир унран нихҫан та пӗр пус укҫа илсе курман,—терӗҫ перехот кассинче.

Кам-ха ҫак совет законӗсене пӑсакан ҫын?

Стратон Герасимов—Метикасси ял Советӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан колхоз председателӗ, ҫав ятах ҫӳрене усне.

1952 ҫул пуҫламӑшӗнче Ленин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем Стратон Герасимова хӑйсен артелӗн председателӗ пулма суйланӑ. Вӑл колхоз председателӗ пулма килӗшнӗ, анчах хӑй енчен татӑклӑ условисем тӑратнӑ.

— Эпӗ сирӗн пата районтан янӑ работник,—тенӗ вӑл.—Ҫавӑнпа та мана ӗҫ кунӗпе мар, кашни уйӑха 800 тенкӗ укҫа тӳлесе тӑма ыйтатӑп.

— Юрать,—тенӗ колхозниксем.—Хӑвӑн эсӗ хамӑр ял ҫынни, агроном та мар, ҫапах та сана уйӑхне 800 тенкӗ тӳлесе усрама укҫа хӗрхенсе тӑмӑпӑр.

Хӗрхенмеҫҫӗ те. Стратон Герасимов вӑл укҫана питӗ йӗркеллӗн илсе тӑрать, срокчен маларах илнисем те пулкалаҫҫӗ. Кӑҫал вӑл колхозниксен умне тата тепӗр условисем тӑратнӑ.

— Мотоцикл туянса парӑр! Унсӑрӑн ӗҫлеме пӑрахатӑп.

— Ак тамаша!—тӗлӗннӗ колхозниксем.—Ӑҫта ӑмака кайма шутлать мотоцикл ҫине ларса? Район центрӗнчен 5 километрта пурӑнатпӑр, колхоза пӗрлешнӗ ялсем хушшисем те ҫывӑх, пӗр ялӗн хапхи патне тухса пӑшӑрсан, теприсем лайӑххах илтме пултараҫҫӗ. Халӗ пирӗн мотоцикл туянас шухӑш ҫук-ха, кулмелли урапасем туянмалла. Хӑвах пӗлетӗн, колхозра пиллӗк ӗҫ лаши пуҫне пӗр урапа тӑрса юлнӑ. Тарантаспа ҫӳресен те юрӗччӗ.

Ҫук, Герасимов колхозниксем мӑк суттӗ ҫа 10 урапа туянмалӑх пулнӑ укҫана ирсе илнӗ те мотоцикл туянса тӑрӑннӑ.

Стратон Герасимовӑн ӗҫӗсем тата пысӑк. Унӑн хӑй валли ҫурт лартмалла, ҫурчӗ ята чи пысӑкки тата илемли пулмалла. Ҫавӑнпа та вӑл хӑйне банкран вӑрӑм срокпа кивҫен 10 пин тенкӗ укҫа пама ыйтать. Памасан ӗҫлеме пӑрахассипе хӑратать.

— Эсӗ, Герасимов юлташ, колхозпа государствӑран нумай нама юрататӑн, анчах государствӑна нимӗн те парасшӑн мар,—тесӗ ӑна райисполком работникӗсем.

— Эсир мана кураймастӑр, эпӗ кая юлнӑ колхозра ӗҫленине пӗлместӗр!—хӑратать Стратон Герасимов.—Кирлӗ пулсан, мана сирӗнсӗрех пулӑшакан пур.

Ҫӗрпшер колхозниксем, партипе правительство ялхуҫалӑхне малалла аталантарас тӗлӗшпе йышӑннӑ ҫӗнӗ Постановленисемпе хавхаланса, хӑйсен хуҫалӑхӗнчен государствӑна выльӑх-чӗрлӗх продукчӗсем ҫитес ҫулшӑн параҫҫӗ, ялхуҫалӑх налогне срокчен тӳлесе татаҫҫӗ. Стратон Герасимов иртнӗ ҫулхи тата кӑҫалхи парӑмӗсене те парса татман-ха.

Ленин ячӗпе тӑракан колхозра 1952 ҫулхи кӗрхунне хывса хӑварнӑ силоспа усӑ курман, 4 шӑтӑкри силосӗ ҫапла пӗтнӗ. Сӑвакан кашни ӗне пуҫне ҫулталӑк тӑршшӗнче 321 литр сӗт илнӗ. Кӑҫал ҫуркунне Герасимов выльӑх кӑшманне чи юрӑхсӑр ҫӗр ҫине актарнӑ, халӗ вӑл участока, пӗр тымар кӑшман кӑлармасӑр, тракторпа сухалаттарнӑ. Силос планпа 230 тонна хывмалла, 40 тонна хывнӑ. Ҫитес ҫул симӗс апатӑн конвейерне тумалли ыраша Герасимов районта чи юлашкинчен актарнӑ.

Стратон Герасимов рядовой коммунист мар, райком пленумӗн членӗ. Вӑл хӑйне темӗн пек пысӑка хума тытӑннӑ, чи ӑвӑш критикӑна та чӑтайми пулнӑ. Ку вӑл тӳрӗ кӑмӑллӑ колхозниксене килӗшмест. Ахальтен мар вӗсем ҫапла калаҫҫӗ:

— Малашне те хальхи пек йӑлипе пурӑнсан, пирӗн Стратон Герасимчӑран ӗҫ тухмасть.

Колхозниксем тӗрӗс калаҫҫӗ.

**Н. ВОЛКОВ.**

# Ялхуҫалӑх машинисен шучӗ ӳсет

Республикӑри машина-трактор станцийӗсемпе колхозсем ҫулсеренех ҫӗнӗ машинӑсемпе пуянланса пыраҫҫӗ. Ҫавна май ялхуҫалӑх ӗҫӗсене механизацилесси тата ӗҫ тухӑҫлӑхӗ ӳсет. Юлашки ҫулсенче МТС-семпе колхозсене хӑватлӑ машинӑсем: ҫӗнӗ маркӑллӑ комбайнсемпе тракторсем, ҫӗрулми кӑлармалли тата лартмалли, кантӑр татмалли тата ҫапмалли машинӑсем, сеялкӑсем, йӗтӗн тылламалли машинӑсем тата ыттисем те чылай кӳрсе килнӗ.

Кӑҫал республика уй-хирӗсенче ӗҫлеме тӗрлӗ йышши тракторсем 200 ытла, «С-4» маркӑллӑ самоходнӑй комбайнсем 100, «Сталинец-6» комбайнсем 150 кӳрсе килнӗ. Кунсӑр пуҫне, МТС-семпе колхозсем ҫӗнӗ сеялкӑсемпе пуянланчӗҫ. Вӗсене 400 яхӑн, ҫав шутра ансӑр ретпе акмалли сеялкӑсем 90 кӳрсе килнӗ.

Уйрӑмах техникӑлла культурӑсем — йӗтӗн тата кантӑр татмалли, ҫапмалли тата тылламалли машинӑсем чылай кӳрсе килнӗ.

Юлашки ҫулсенче пахча ҫимӗҫ туса илнӗ ҫӗрте те тухӑҫлӑ ӗҫлекен машинӑсемпе анлӑ усӑ курма тытӑннӑ. Кӑҫал кун пек машинӑсем чылай кӳрсе килнӗ. Вӗсен шутӗнче—ҫӗрулми лартмалли тата кӑлармалли, выльӑх кӑшманӗ кӑлармалли машинӑсем пур. Ҫывӑх вӑхӑтрах ҫӗрулми кӑлармалли хӑватлӑ комбайнсем кӳрсе килеҫҫӗ.

Кунсӑр пуҫне, улӑм купаламалли, силос тумалли машинӑсем илсе килнӗ.

Республикӑна ҫакӑн пек хӑватлӑ машинӑсем кӳрсе килни ялхуҫалӑх ӗҫӗсене кӗске срокра туса иртерме, йывӑр ӗҫсене механизацилеме, тырпул тухӑҫлӑхне палӑрмаллах ӳстерме май парать.

# Ҫӗрулми, пахча ҫимӗҫ сутӑн илеҫҫӗ

Кӑҫал республикӑри колхозсем ҫӗрулми тата пахча ҫимӗҫ нумай лартса ӳстерчӗҫ. Малта пыракан колхозсем, государствӑна ҫӗрулми парса татнӑ, вӑрлӑх фончӗсем хывнӑ тата пахча ҫимӗҫсем памалли уйӑхри плана тултарнӑ хыҫҫӑн, потребительсен кооперацине чылай ҫӗрулми, пахча ҫимӗҫ сутаҫҫӗ. Шӑхасан райпотребсоюзӗ 2.000 центнер ытла, Комсомольски райпотребсоюзӗ 2.500 центнер ытла ҫӗрулми сутӑн илнӗ.

Шӑмӑршӑ, Ҫӗмӗрле, Елчӗк, Улатӑр районӗсенче пахча ҫимӗҫ сутӑн илессине лайӑх йӗркеленӗ. Уйрӑмах Пӑрачкав районӗнчи потребительсен кооперацин работникӗсем пуҫарулла ӗҫленине палӑртас пулать. Вӗсем колхозсемпе тачӑ ҫыхӑну тытаҫҫӗ, колхозниксене партипе правительство йышӑннӑ решенисем ҫинчен каласа параҫҫӗ. Пӑрачкав райпотребсоюзӗ 788 центнер пахча ҫимӗҫ сутӑн илнӗ, ҫапла вара ҫирӗплетсе панӑ задание иртерсе пурнӑҫланӑ.

Ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫ сутма Шупашкар райпотребсоюзӗ Шупашкар хулинчи пасарта ятарласа ларек уҫнӑ.

# Ҫӗнӗ магазинсем

Шупашкарта магазинсемпе палаткӑсен хисепӗ нумайланса пырать. Юлашки вӑхӑтра апат-ҫимӗҫ продукчӗсем, пахча ҫимӗҫ сутмалли магазинсем чылай уҫнӑ. Ҫак кунсенче Кадыков урамӗнче сӗтел-пукан сутмалли ҫӗнӗ магазин уҫнӑ. Унта шкапсемпе шифоньерсем, хитре комодсемпе дивансем тата хуҫалӑхра кирлӗ ытти япаласем нумай. Магазин виҫӗ кун хушшинче 40 пин тенкӗлӗхе яхӑн сӗтел-пукан сутнӑ.

* * *

Сырмапуҫ ялӗнче (Ҫӗрпӳ районӗ) ҫӗнӗ магазин уҫма палӑртнӑ. Халӗ ӑна валли ятарласа ҫурт тӑваҫҫӗ. Унта тӗрлӗ таварсем сутмалли уйрӑмсем пулаҫҫӗ. Магазина Октябрь уявӗ тӗлне уҫаҫҫӗ.

**М. АЛЕКСАНДРОВ.**

## „Коммунизм ялавӗ" хаҫатра ҫырнӑ хыҫҫӑн

# „Хӑрӑлтатакан сасӑсем..."

Сентябрӗн 27-мӗшӗнче «Коммунизм ялавӗ» хаҫатра пичетленнӗ «Хӑрӑлтатакан сасӑсем...» ятлӑ ҫырура чӑваш радиостанцийӗ паракан передачӑсенчи ҫитменлӗхсене кӑтартса панӑччӗ.

Редакцие ҫак ҫырури фактсем пӗтӗмпех тӗрӗс пулни ҫинчен пӗлтерчӗҫ. Хӑйсен ӗҫӗ ҫине ответсӑр пӑхнӑ хӑшпӗр работниксене администраци енӗпе ответ тыттарнӑ. Передачӑсене лайӑхлатасси ҫинчен радиостанцири работниксен канашлӑвӗнче сӳтсе явнӑ.

# „Икӗ мулкача хӑваласан..."

Ӗҫҫынни депутачӗсен Етӗрне район Совет исполкомӗ «Коммунизм ялавӗ» хаҫатра сентябрӗн 4-мӗшӗнче пичетленнӗ «Икӗ мулкача хӑваласан...» ятлӑ фельетонра кӑтартнӑ фактсем тӗрӗс пулни, унта асӑннӑ ҫитменлӗхсене пӗтерме тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнни ҫинчен пӗлтерчӗ.

Район Совечӗн исполкомӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, Чупай ял Совет исполкомӗн председательне Бельский юлташа вулав ҫуртӗн заведующийӗн ӗҫне туса пырассинчен, Кӑташ ял Совет исполкомӗн председательне Григорьев юлташа — ялти клуб заведующийӗн ӗҫне туса пырассинчен хӑтарнӑ. Район Совечӗн исполкомӗ Кӗҫӗн Чураш ял Совет исполкомӗн председательне Веденеев юлташа ӗҫрен пушӑ вӑхӑтра (кунне икӗ сехет) радиопа трансляци тунӑ ҫӗрте ӗҫлеме, Ирҫе ял Совет исполкомӗн председательне Петров юлташа—эрнере 6—8 сехетрен ытла мар шкулта ӗҫлеме ирӗк панӑ.

# Профсоюзӑн заводри организацийӗн конференцийӗ

КАНАШ. Ҫак кунсенче вагонсем юсакан заводри профсоюз организацийӗн конференцийӗ пулса иртрӗ. Конференци заводри профсоюз организацийӗн ӗҫӗсем ҫинчен завком председателӗ Прокопьев юлташ тунӑ отчетлӑ доклада итлерӗ.

Конференци, завком ӗҫӗнчи пысӑк ҫитменлӗхсене кӑтартса, тивӗҫлӗ решени йышӑнчӗ, завкомӑн ҫӗнӗ составне суйларӗ. Завком председателӗ пулма Ямпольский юлташа суйланӑ.

**Г. ИСАЕВ.**

# Вера ҫырӑвӗ

## ОЧЕРК

Юратнӑ тантӑшӑм, Нина Лаврентьевна!

Эх, курасчӗ, калаҫасчӗ санпала. Курсан малтан мӗн ҫинчен каласа кӑтартнӑ пулӑттӑм-ши?

Эпӗ ҫыру ҫырма пӗлместӗп. Тен, пӗлмен пирки пулӗ, ҫырма юратмастӑп. Паян, акӑ, ниепле те ҫырмасӑр тӳсейместӗп. Темле, ҫырас мар тенӗ ҫӗртенех, аллӑм ручка еннелле туртӑнать. Мӗн пулчӗ-ши мана? Хам ушӑннинчен хам тӗлӗнетӗп. Чи вӑрттӑн шухӑшӑма, чуна ҫунатлантарса тӑракан сутӑ ӗмӗтсене,—пурне те пӗр пытармасӑр каласа кӑтартас килет.

Пӗр шутласан, ытла та намӑс ҫав мана. Санӑн ҫырӑвна пӗлтӗр, институт пӗтернӗ хыҫҫӑн, килте каннӑ вӑхӑтра, илсе вуланӑччӗ. Эсӗ килте виҫӗ кун каннӑ хыҫҫӑнах хӑвна ӗҫлеме янӑ вырӑна тухса кайни ҫинчен ҫырнӑччӗ. Ун чухне Сӗнтерти Соломино ялӗнчи колхозра агрономра ӗҫлетӗп, тесе пӗлтернӗччӗ. Халӗ те ҫавӑнтах-и? Сӗнтерти пек хура тӑпра, пилӗкрен ҫӳлӗ хумханса ӳсекен вӗҫӗ-хӗррисӗр аслӑ ҫаран ҫинчен ҫырнине халӗ те асра тытатӑп-ха. Сӗнӗр питӗ илемлӗ, чуна илӗртекен ҫӗршыв пек туйӑнчӗ мана санӑн ҫырӑвна вуласан. Хӑвӑртрах унта ҫитесси килчӗ.

Ҫын сӑмахӗ пуҫа ҫаврӑнать ҫав вӑл. Ҫынсене итлесе, хулара юлтӑм.

Министерствӑра пӗр ҫулталӑк ларса мӗн турӑм-ха эпӗ? Шут шӑрҫи турттӑм! «Ахаль ларать», тесе каласран, кирлӗ мар ҫӗртенех районсене хут ҫырса ярасси ҫинчен шухӑшлаттӑмӑр. Хут вараласа хамӑра ӗҫе юратакан ҫын пек кӑтартма тӑрӑшаттӑмӑр! Усси вырӑнне пӑшапа мана пусларӗ. Ҫулталӑк хушши колхозра пулса курман пулсассӑн мӗнле пӗлӳ ӳсме пултартӑр-ши вара.

Астӑватӑн пулӗ, институтра вӗреннӗ чухне республикӑри колхозсен улӑх-ҫаранне акма юрӑхлӑ курӑксене тӗпчесе пӗлесси ҫинчен хавхаланса шухӑшлаттӑмӑр. Вӑл ӗмӗт те ҫунӑнь хамӑн пекех сӳнчӗ. Ара, сӑнава ӑна, хула урамӗнчи чул ҫине акса тума ҫук ҫав.

Ҫапла, тантӑшӑм, манӑн пӗр ҫул харама кайрӗ. Ҫавӑнпа мана сан патна ҫыру ҫырма намӑс пек туйӑнчӗ.

Пӳлӗмре тырӑ тухӑҫне ӳстерессишӗн кун чухлӗ «кӗрешнипе» ҫитӗ! Халӗ эпӗ, Ниночка, эсӗ ҫуралнӑ районти МТС-а пӗр-пӗр колхоза агронома кайасси ҫинчен каласса тӑтӑма килтӗм.

Мӗншӗн эпӗ хамӑн сӑмах ҫине тӑма хӑяймастӑп-ши?

МТС директорӗ ларакан пӳлӗм алӑкӗ яр уҫӑ тӑрать. Сӗтел тавра пилӗк-ултӑ ҫын пухӑнса тӑнӑ. Пурте юман кӗреш пек тӗреклӗ ҫынсем. Сийӗнчи тумтирӗсене курсанах вӗсем камне чухласа илме пулать. Эпӗ пӳлӗме кӗтӗм те, алӑк патӗнчи пӗр пукан хӗррипе ларса, вӗсем калаҫса пӗтересе кӗтме пуҫларӑм.

Ҫынсем ман пек мар, хӑюллӑ ҫав. Хӑйсен сӑмахне ӗмӗр хуйхӑ-суйхӑ курман ҫынсем пек савӑнса каласа кӑтартаҫҫӗ. Пирӗн ҫӗршывра пӗрин ӳсӗмӗ тепӗрне хавхалантарать. Ҫавӑнпа юлташӑмсӑр, пӗр тӑвансем пек, килӗштерсе калаҫаҫҫӗ вӗсем.

Халӗ, акӑ, хам юрӑхсӑр пулнине аса илсен, йӗрес те, кулас та килчӗ. МТС директорӗ умӗнче хӑюлӑрах пулас-ха тесе шухӑшласа тухӑччӗ килтен. Ҫук, каллех хамӑн сӑмахӑм ҫинче тӑраймарӑм. МТС-а ҫитесле манӑн хӑюлӑхӑм ирхи тӗтре пек сирӗлсе кайрӗ. Астӑватӑн-и, ӗҫрипе, Шупашкарта Атӑл хӗрринче уйӑхса ҫӳренӗ чухне, Оля Андреева мана Колянпа паллаштарасшӑн пулчӗ. Вӑтаннипе эпӗ хам Колянпа юратнине систермерӗм. Коля та мана кӑмӑллать, тенӗччӗ Оля ун чухне. Вӑл институт пӗтериччен те ман шухӑша пӗлеймерӗ. Пӗр-пӗрин шухӑшне пӗлмесӗрех уйрӑлса кайрӑмӑр.

Директор пӳлӗмӗнче мӗн ҫинчен калаҫҫӗ пулӗ тетӗн эсӗ!

Тен, сирӗн патӑрта та ҫав сӑмахсенех калаҫҫӗ пулӗ. Анчах манӑн та хам илтнине ҫырса пӗлтерес килет.

Халӗ кунта халӑх Пленум решенийӗ ҫинчен кӑна калаҫать. Эпӗ ӑна вуласа тухсан, хама-хам ятлама пуҫларӑм. Эсӗ, Нина, тӗрӗс тунӑ. Манӑн та, сан пекех, сиййӗнчех колхоза каймалла пулнӑ.

Директор пӳлӗмӗнче те Пленум постановленийӗпе Хрущев юлташ докладӗ ҫинчен калаҫаҫҫӗ. Калаҫнине итлесе ларнӑ вӑхӑтра эпӗ кам мӗнле хушаматлине мӗн ӗҫ тунине те пӗлме тӑрӑшрӑм. Ара, малашне пӗрле ӗҫлемелли ҫынсем вӗт. Курнӑ ҫынсене асра тытса юлас терӗм.

— Кӗрхи ҫӗртме туса пӗтертӗмӗр,—савӑнӑҫлӑн пӗлтерет Тихонов бригадир.

— Аван, ӑван. Аван. ҫапасси мӗнле пырать?—хура куҫӗсене кӑшт хӗссе бригадир ҫине пӑхса ыйтрӗ директор.

«Мӗнле вӑл, сирӗн директор, авӑн ҫапнине те пӗлмест» тесе ан тӗлӗн эсӗ. Директор пӗр эрне чирлӗ выртнӑ. Ҫавӑнпа юлашки кунсенчи улшӑнусене пӗлмест. Паян вӑл, сывалсах ҫитеймен пулсан та, кунта килсе ларнӑ. Ара, ҫак хӗрӳллӗ кунсенче кам килте тӳсе ларайтӑр?

— Авӑн та ҫапнӑ, хура ҫӗртме те туса пӗтернӗ,—пурне те вӑхӑтра туса ӗлкӗрнӗшӗн кӑшт мухтаннӑ пекрех илтӗнет Тихонов сасси.

— Кӑҫал «Смычкӑсем» те тӳлентерме пуҫларӗҫ,—хуллен кӑна хушса хучӗ «Смычкӑра» ӗҫлекен бригадир Морозов.

— Начар-и лайӑх енӗпе?—Морозов еннелле пӑхрӗҫ ытти бригадирсем.

— Кӗрхи ҫӗртме тӑвиччен ситӗлӗх тонна минераллӑ удобрени сапса хӑварчӗҫ. Колхоз историйӗнче пулман япала вӗт вӑл!—хумханса калаҫакан Морозов кӗсйинчен шӑрпӑк кӑларса пасӑртанса аллинче пӗтӗркелесе тӑракан пирусне тивертсе ячӗ. Шӑрпӑк ҫуннине курсан, ыттисем те, чикарнӑ хыпнӑ тутисене тӑсса, ун еннелле карӑнчӗҫ.

— Апла килес ҫул вунпилӗк центнертан кая пулмасть сирӗн.

— Унтан кая пулмӗстпӗр.

— Ас ҫитнӗ вара сирӗн,—хӑйсем удобрени сапассине ҫуркуннене хӑварнӑшӑн ӳкӗнчӗ Тихонов.

— Тырӑ та тырӑ сирӗн сӑмахӑрта. Выльӑхсем ҫинчен аса та илместӗр,—кӑмӑлсӑр пулнӑ пек каларӗ бригадирсен сӑмахне тӑнласа ларакан директор.—Е МТС умне лартнӑ ҫӗнӗ задачӑсене ӑнланса илеймен-и эсир?

— Ӑнланнӑ-ҫке,—пукан ҫине ларма хатӗрленекен Титов каялла утса сӗтел умне пырса тӑчӗ.—Эпир ӗҫлекен «Вторая пятилетка» колхоз ҫак кунсенче выльӑх ӗрчетмелли плана тултарчӗ.

— Туянчӗҫ-и мӗн апла?

— Вӑтӑр ӗне илчӗҫ.

— Ҫитерме апат пур-и вӗсен?

— Вӑт ун ҫинчен калаймастӑп вара,—хӑй пӗлменнине пытармарӗ Титов.

— Пӗлес пулать. Малашне пӗлмесен юрамасть. Апат пулмасан выльӑхсене каллех, пӗлтӗрхи пек, салатса пӗтереҫҫӗ...

— Вӑл пулма—пултарать,—директор асӑрхаттарнипе килӗшрӗҫ бригадирсем.

— Тракторсене ремонта пуҫиччен выльӑхсене хӗл каҫармалӑх улӑм турасса хӑварӑр. Кайран «пире МТС пулӑшмасть» тесе ан калаччӑр.

Бригадирсем блокнот кӑларса ҫырма пуҫларӗҫ.

— Пирӗн колхозра хусканмаҫҫӗ-ха,—колхозра йӗркесӗрлӗхшӗн хӑй айӑплӑ пек каларӗ «Канаш» колхозри бригадир.

— Мӗн пирки калатӑр эсир?—сӗтел ҫинчи хутсене пуҫтарса чикнӗ хушӑра ыйтрӗ директор.

— Ара, ӑна ситине икӗ ҫул хушши тӑрлаймаҫҫӗ вӗт ӗнтӗ. Эпир тракторпа пӗрене турттарса пама сӗнтӗмӗр. Колхозниксем те килӗшеҫҫӗ. Председатель яхӑнне те ямасть. Халап ҫаппипех Пленум постановленийӗ пурнӑҫланасса шанать пулас.

Пуҫӑсемпе ларусенче хӑласланса калаҫнине пысӑк ҫитӗнӳ вырӑнне хуракансем пур-ха ҫав пирӗн хушӑмӑрта.

Бригадирсем тухса кайс умӗн пӳлӗме шукӑль тумланнӑ ҫамрӑк ҫын кӗрсе тӑчӗ. Малтан эпӗ ун ҫине районти пӗр-пӗр пуҫлӑх пулӗ тесе пӑхрӑм. Кайран вӑл хам пулнинчен тӗлӗннипе куҫа илеймерӗм.

— Эпӗ ку районти Шуршу ҫынни пулнӑ. Манӑн хушаматӑм Иванов,—ҫапла каларӗ вӑл хӑйӗн ҫинчен директора.—Уралти заводра улттӑмӗш разрядлӑ тимӗрҫӗ пулса ӗҫлетӗп. Автогенпа та ҫыпӑҫтарма пӗлетӗп. Халӗ, отпуск вӑхӑтӗнче, ялта канатӑп,—каласнӑ хушӑра кӗсйинчен документсем кӑларса кӑтартрӗ.

— МТС-ра ӗҫлеме юласшӑн апла? — Иванов шухӑшне пӗлнӗ пекех каларӗ директор. Кунта ун пек килекенсем тӑтӑх та пулнӑ пулмалла. Ҫавӑнпа Иванов мӗншӗн килнине чухласа илчӗ пулас вӑл.

— Ҫапла, Пленум постановленийӗпе паллашнӑ хыҫҫӑн МТС-ра юлас терӗм.

— Завод хирӗҫлемест-и? — документсене каялла тавӑрса пачӗ директор.

— Пур заводсенчен те яраҫҫӗ вӗт. Мана та чарса тӑрас ҫук пулӗ тетӗп.

Директор ӑна МТС-а илме пулчӗ. Иванов тав турӗ те, тухса кайрӗ.

— Хула ала ҫын ярса та, машина парса та пулӑшма пуҫларӗ,—терӗҫ бригадирсем Иванов тухса кайсан.

— Ҫапла вӑл, рабочисемпе хресченсем хушшинчи туслӑхӑн вӑйӗ.

Пурте тухса кайрӗҫ.

Эпӗ директорпа калаҫас тесе ура ҫине тӑнӑ вӑхӑтра алӑкран каллех тепӗр ҫын килсе кӗчӗ. Кама куртӑм пулӗ тетӗн эсӗ? Ҫук, хам каламасан ниепле те тавӑрса илеймӗстӗн. Ӑна курсан куҫӑм хуралнӑ пек туйӑнчӗ. Пуҫ ҫаврӑнса кайрӗ. Ура вӑйӗ пӗтнипе пӗр пуҫӑм та тӑвайманӑм. Пукан ҫине тӗшрӗлсе антӑм. Хамӑн ӑшӑмра «Коля!» тесе кӑшкӑрса ятӑм. Сӑн-сӑпатӑм та улшӑнчӗ пулмалла. Анчах вӑл кӑшкӑрнине те илтмерӗ, хумханнине те сисмерӗ.

— Эпир чирленӗ вӑхӑтра мана заявленисемпе пусарса хуратчӗҫ,—алӑк урлӑ касӑ-касмасах аллинчи кӑркка хӳри пек саркаланса тӑракан хутсене сулла-сулла вӑрӑм утӑмсемпе директор сӗтелӗ умне пырса тӑчӗ вӑл. Ҫавӑнпа мана курмарӗ пулмалла.

— Пар-ха кунта, мӗнле заявленисем вӗсем санӑн? — аллине Коля еннелле тӑсрӗ директор.

— Трактористсем ӗҫлеме килесшӗн, вӗренме те каясшӑн. Пӗри тата ҫартан служба тултарса таврӑнсан хӑйне механизатора вӗренме яма ыйтать.

— Кам вӑл ҫартан ҫыраканни?

— Алексей Алюнов, Аслӑ Пӑла Тимешсем.

— Кур-ха эсӗ, пӗтӗм халӑх ҫуркунне хускалчӗ ку Постановлени хыҫҫӑн. Ответ патӑр-и вӑл салтака?

— Патӑмӑр.

Коля! Коля! Епле ҫырса кӑтартас-ши унӑн асран каймн сӑн-сӑпатне? Институтра вӗреннӗ чухне шурӑрах сӑн-питлӗ ҫӳлӗ каччӑччӗ вӑл. Халӗ епле кӗрнеклӗ! Курсан тӳрех палласа та илеймӗн. Директор патне пӗр-пӗр колхоза кайс умӗн васкавлӑ кӑна кӗрсе тухрӗ пулас вӑл. Ҫул ҫине кайма хатӗрленнӗ ҫын пек ытла ҫӗнех мар фуфайка, галифе, атӑ тӑхӑнса янӑ. Халӗ кунта ҫанталӑк ҫамалах синӗ тӑрать. Уй-хир пушанса юлнӑ. Йывӑҫсем сарӑ ҫулҫисене тӑкаҫҫӗ. Кашни кун упа сурчӑкӗ пек вӗтӗ ҫумӑр пӗрӗхет. Кун пек вӑхӑтра ӗҫлекен ҫынсӑн мӗн тӑхӑнмалла тата? Анчах Коля ҫинчи тумтир ҫав тӗрлӗ ятуллӑ та тирпейлӗ пек туйӑнчӗ мана. Е ҫынри ҫырлан туйӑнать, тенӗ пек, юратсан хура

# Хамӑр республикӑра

## Ҫурт тӑвакансен ӑмӑртӑвӗ

КУСЛАВККА. Ҫуртсем тӑвакан завод Молотов хулинчи ҫуртсем тӑвакан комбинатпа ӑмӑртса ӗҫлет. Ӑмӑртура Куславкка заводӗ малта пырать. Вӑл кӑҫалхи тӑхӑр уйӑхри плана 116 процент тултарнӑ. Сентябрьте планран иртгерсе 12 ҫурт ӑсатнӑ.

Октябрь уявӗ умӗнхи социализмла ӑмӑртӑва хутшӑнса, коллектив тата пысӑкрах ситӗнӳсем тӑвассишӗн кӗрешет. Вунпӗр уйӑхри задание ноябрӗн 7-мӗшӗ тӗлне тултармалла,—ҫакӑн пек ҫурт тӑвакансен обязательстви. Октябрь уйӑхӗн малтанхи кунӗсем завод график тӑрӑх пӗр тикӗс ӗҫленине кӑтартаҫҫӗ.

Цехсем хушшинчи ӑмӑртура ҫуртсем тӑвакан цех коллективӗ малта пырать. Цех иртнӗ уйӑхри планран иртгерсе 564 пин тенкӗлӗх продукци туса кӑларнӑ. Рабочисем тунӑ ситӗнӳсемпе ҫӑпланса ларманҫҫӗ, ҫак уйӑхра планран иртгерсе 10 ҫурт туса кӑларма тӑрӑшаҫҫӗ. Уяв умӗнхи хӗрӳллӗ ӗҫре коммунистсемпе комсомолецсем ырӑ тӗслӗх кӑтартаҫҫӗ. Парти членӗ, Чӑваш АССР Верховнӑй Совет депутачӗ М. Филиппова юлташ кашни сменӑрах икшер норма тултарать. Н. Атмалкинӑпа З. Баганова комсомолкӑсем те пысӑк тухӑҫлӑхпа ӗҫлеҫҫӗ.

Столярнӑй цехри вӑтӑ коммунист В. Никифоров юлташ заводра ҫирӗм ҫул ӗҫлет. Чылай ҫулсем хушши тӳрӗ кӑмӑлпа ӗҫленӗшӗн ӑна завод пӳрт лартса панӑ. Никифоров юлташ, иртнӗ уйӑхри нормӑна 270 процент тултарса, «Цехри чи лайӑх столяр» ятне илме тивӗҫлӗ пулнӑ. Ҫак уйӑхра вӑл виҫӗ норма тултарассишӗн кӗрешет.

Ҫавӑн пекех ӑмӑртури ситӗнӳсемшӗн поселок Совечӗн депутатне Нина Белова юлташа «Столярнӑй цехри чи лайӑх станочница» ятне, Б. Андрианов стахановеца «Чи лайӑх сборщик» ятне панӑ.

Заводра Октябрь уявӗ умӗнхи ӑмӑрту кунтан-кун вӑйланса пырать.

(Хамӑр корр.).

## Ҫулталӑк планне иртгерсе тултарнӑ

ҪӖРПӲ. Районти промкомбинат коллективӗ юлашки уйӑхсенче пысӑк ҫӗкленӳпе ӗҫлет. Рабочисемпе работницӑсем, октябрь уявӗ умӗнхи социализмла ӑмӑртӑва ҫарса, ӗҫ тухӑҫлӑхне куллен ӳстереҫҫӗ.

Комбинат коллективӗ ҫулталӑкри производство планне 9 уйӑх хушшинче 113,3 процент тултарчӗ. Кӑҫал комбинат планран иртгерсе продукци чылай туса кӑларнӑ. Сӑмахран, план тӑрӑх 25 пин килограмм урапа маҫӗ туса кӑлармалла пулсан, ку таранччен 34 пин килограмм туса кӑларнӑ, 30 пин кирпӗч ҫапнӑ, ҫӗвӗ ҫӗлес тата ҫӑпата ҫапас енӗпе те плана чылай иртгерсе тултарнӑ.

Рабочисемпе работницӑсем, Октябрь уявӗ ячӗпе социализмла ӑмӑртӑва хутшӑнса, ҫулталӑк планне 150 процентран кая мар тултарассишӗн кӗрешеҫҫӗ.

Х. ЛИСИН.

## Пысӑк выляв

Атӑл леш енчи торф предприятийӗнчи перекет касси ӗҫҫыннисене ҫулсерен вунҫар пин тенкӗ выляв укҫи тӳлет. Кӑҫалхи тӑхӑр уйӑх хушшинче 30 пин тенкӗ ытла выляв укҫи панӑ.

Ҫак кунсенче государствӑн виҫӗ процентлӑ заемӗн ултӑмӗш вылявӗ пулчӗ. Ку выляври пӗр ҫын 5 пин, тепӗр ҫын 2.500 тенкӗ выляса илнине палӑртнӑ.

Н. АЛЕКСЕЕВ.

Ҫӗмӗрлери сӗтел-пукан комбиначӗ халӑх валли кирлӗ таварсен ассортиментне анлӑлатса пырать. Нумай пулмасть кӗпе-тумтир хумалли тӗкӗрлӗ хитре шкафсем тума тытӑннӑ.

УКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: ҫӗнӗ шкаф тума вӗренсе ҫитнӗ стахановецсем (сулахайран сылтӑмалла): М. Душникова полировщица, А. Канцеляров столяр тата Н. Патюлина мастер.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчӗкӗ.

## Вулакансен активӗн канашлӑвӗ

КПСС Шупашкар райкомӗ пуҫарнипе ҫак кунсенче Кӳкеҫре вулакансен активӗн канашлӑвӗ пулса иртрӗ. Канашлура Чӑваш АССР государство издательствин директорӗ П. Александров юлташ издательствӑн 1954 ҫулта кӗнекесем кӑлармалли планӗ ҫинчен доклад турӗ.

Докладчик коммунистсен партийӗн XIX-мӗш съезчӗ тата КПСС Центральнӑй Комитечӗн сентябрьте пулса иртнӗ Пленумӗ издательствӑсем умне лартнӑ задачӑсем ҫинчен каласа пачӗ.

Доклад тӑрӑх тухса каланӑ юлташсем Чӑвашгиз кӑларакан кӗнекесенчен лайӑххисене палӑртрӗҫ, кӗнекесен ситменлӗхӗсем ҫинчен каларӗҫ, канашсемпе сӗнӳсем нумай пачӗҫ.

Районти библиотека заведующийӗ Артемьева юлташ ялхуҫалӑх ыйтӑвӗсем тӑрӑх массӑсем ӑнланмалла кӗнекесем ытларах кӑларма кирли ҫинчен каларӗ. Унтан вӑл районти вуҫҫа ҫӳрекен библиотекӑсен опычӗпе паллаштарчӗ. Кун пек библиотекӑсем Шупашкар районӗнче пӗтӗмпе 20 организациленӗ. Ҫав библиотекӑсем колхозсене чӑвашла тата вырӑсла кӗнекесем нумай илсе каяҫҫӗ. Колхозниксем, ятти коммунистсемпе комсомолецсем чӑвашла кӗнекесем ытларах ыйтаҫҫӗ.

Артемьева юлташ ялсенче лартма юрӑхлӑ пьесӑсем, вулакансен конференцийӗсем ирттермелли материалсем пичетлесе кӑларма сӗнчӗ.

Михайлова юлташ (ВЛКСМ райкомӗ) тата Брюковская юлташ (Ачасен ҫурчӗ) ача-пӑча литератури ҫинчен каларӗҫ.

— Пирӗн ачасем валли ача-пӑча вӑййисем, пӗчӗк пьесӑсем, юрӑ-сӑвӑсем сахал кӑлараҫҫӗ,—терӗ Михайлова юлташ.

Брюковская юлташ чӑваш писателӗсен кӗнекисенче вӗсен авторӗсен биографине кӗскен ҫырса пама сӗнет. Шкулта вӗренекен ачасем чӑваш писателӗсен пурнӑҫӗпе тата ӗҫӗпе интересленеҫҫӗ, анчах кирлӗ материалсем сахал е пачах ҫук.

Кӳкеҫри кӗнеке магазинӗн заведующийӗ Самсонова юлташ ӗҫҫыннисем магазинта мӗнле кӗнекесем ытларах ыйтни ҫинчен каласа пачӗ.

— Хӑшпӗр кӗнекесене пирӗн магазина питӗх те сахал параҫҫӗ,—терӗ вӑл.— Сӑмахран, Павленко ҫырнӑ «Телей» романа, чӑвашлине, пӗтӗмпе 3 экземпляр ҫеҫ пачӗҫ. Ҫакӑн пек пахa кӗнекесене пирӗн колхозниксем тӑван чӗлхепе вуласшӑн, анчах вӗсене Книготорг йӗркеллӗ парса тӑмасть.

Самсонова юлташ Шупашкарти 1-мӗш типографи хӑшпӗр кӗнекесене япӑх кӑларни ҫинчен калакан фактсем илсе кӑтартрӗ. Сӑмахран, вырӑс чӗлхи грамматикин хӑшпӗр экземплярӗсенче чӑваш чӗлхи грамматикин страницисем тӗл пулаҫҫӗ. «Вӑтам ӗмӗрсен историйӗ» учебникре пушӑ (пичетленмен) страницӑсем тӗл пулаҫҫӗ. Ҫакӑн пек ситменлӗхсене типографин малашне пӗтермелле, кӗнеке кӑларас ӗҫре брак пулмалла мар.

Кӳкеҫри вӑтам шкул учителӗ Угандеев юлташ чӑвашла учебниксен ситменлӗхӗсене, уйрӑмах чӑваш чӗлхи грамматикин ситменлӗхӗсемпе йӑнӑшӗсене палӑртса пачӗ. Чӑваш литературин хрестоматийӗсене, килте вуламалли кӗнекесен списокӗсене кӗртнӗ произведенисене вулама йывӑр, илемлӗх енчен начар произведенисене кӗртеҫҫӗ (тӗслӗхрен, Хв. Уяр ҫырнӑ «Сыру» калав тата ытти те). Чӑваш АССР Сутӗҫ министерствин ку тӗлӗшпе тимлӗрех пулмалла.

Канашлӑва пулӑннӑ юлташсем «Ялав» журналпа «Тӑван Атӑл» альманах кая юлса тухнӑ пирки вӗсен редакцийӗсене хытӑ критикларӗҫ, журналти тата кӗнекесенчи ӳкерчӗксен пахалӑхне ӳстерме сӗнчӗҫ.

Канашлура Шупашкар районӗнчи уйрӑм организацисен ситменлӗхӗсене те палӑртрӗҫ. Районти библиотекӑра чӑвашла кӗнекесенчен нумайӑшӗ кивӗ кӗнекесем. Ҫӗннисем темшӗн калама ҫук сахал. Кӗнеке магазинӗ питех те тӑвӑр. Унта тӗттӗм, чӳрече ҫук. Магазина пӗр вӑхӑтра 2—3 ҫынтан ытла кӗреймест. Тӑвӑр пирки хӑшпӗр кӗнекесене тупса пама та хӗн.

Канашлура вулакансем мӗнле кӗнекесене юратни, мӗнле ыйтусемпе интересленни лайӑх курӑнчӗ. Канашлу вулакансен культури, вӗсен ыйтӑвӗсем пӗрмаях ӳссе пынине лайӑх кӑтартса пачӗ. Ним шухӑшсӑр, шупка кӗнекесем вӗсене тивӗҫтерме пултараймаҫҫӗ.

В. АРХИПОВ.

## МТС-сенчи ҫӗнӗ строительство

Республикӑри машина-трактор станцийӗсенче кӑҫал ҫӗнӗ ҫуртсем чылай тӑваҫҫӗ. Тракторсемпе комбайнсене тата ытти ялхуҫалӑх машинисене юсас ӗҫе лайӑхлатма Муркаш, Кувакино, Сурмайдан, Советски, Чурачӑк машина-трактор станцийӗсенче типовой мастерскойсем лартаҫҫӗ. Мастерскойсен ҫурчӗсем кирпӗчрен пулаҫҫӗ.

Ку таранччен чылай МТС-сенче ялхуҫалӑх машинисене усрама сарайсем ситеймӗсӗр пулнӑ. Ҫак ситменлӗхе пӗтерме кӑҫал чылай ӗҫ тунӑ. Вӑрнар МТС-ӗнче тракторсемпе комбайнсем усрамалли пысӑк сарай туса лартнӑ. Ҫакӑн пек сарайсем Шупашкар, Элӗк, Канаш машина-трактор станцийӗсенче те тӑваҫҫӗ. Улатӑр МТС-ӗ вӑрлӑх тасатмалли пункт тума тытӑннӑ.

МТС-сене электрификацилес ӗҫ те лайӑхланать. Калинино, Тӑвай, Йӗпрес, Ишлей машина-трактор станцийӗсене электрификацилесе ситереҫҫӗ. Ҫакӑ МТС-сенчи йывӑр ӗҫсене механизацилеме май парать.

Механизаторсен пурнӑҫпа йӑла условийӗсене лайӑхлатма Муркаш, Чурачӑк, Кувакино, Хӗрлӗ Чутай, Калинино МТС-сенче икшер хваттерлӗ пурӑнмалли ҫуртсем туса лартмалла.

КПСС Центральнӑй Комитечӗпе СССР Министрӗсен Совечӗ МТС-сен ӗҫӗсене малалла лайӑхлатмалли мерӑсем ҫинчен йышӑннӑ постановлени пурнӑҫланӑ май, ситес ҫулта ҫӗнӗ строительство тата ытларах вӑйланать. 1954 ҫулта МТС-сенче комбайнсем усрамалли 15 сарай, тракторсем усрамалли сарайсем 17, гаражсем—4, пурӑнмалли ҫуртсем 2.500 тӑваткал метр чухлӗ туса лартма палӑртнӑ.

## Водопровод ӗҫлеме пуҫлать

ШӐХАСАН. «Заря» колхозра выльӑх-чӗрлӗх фермисене механизацилеҫҫӗ. Ҫак кунсенче колхоз ҫӗнӗ двигатель туянчӗ. Ана вырнаҫтарса лартнӑ хыҫҫӑн, водопровод фермӑсене ситлӗклӗ таран шыв парса тӑма тытӑнать. Вара фермӑра ӗҫлекенсен инҫери ҫӑлтан куллен 300 витре шыв кӳрсе килмелле пулмасть.

Г. ВАСИЛЬЕВ.

## Ҫамрӑксен театрӗнче

Октябрӗн 10-мӗшӗнче Шупашкарта ҫамрӑксен театрӗн кӑҫалхи сезонӗ пуҫланчӗ. Малтанхи кун театр В. Розов ҫырнӑ «Страница жизни» пьесӑна лартса пачӗ.

Пьесӑра шкул ачисемпе ҫамрӑк рабочисен пурнӑҫне лайӑх сӑнласа кӑтартнӑ. Малтанхи кун театрта хулари шкулсенче вӗренекенсем нумай пулчӗҫ.

Ҫамрӑксен театрӗ кӑҫалхи сезонта пионерсемпе шкул ачисене ҫӗнӗ спектакльсем чылай кӑтартма палӑртнӑ. Ситес вӑхӑтра театр коллективӗ кӗҫӗнрех классенче вӗренекенсене К. Гольдонин «Забавный случай» пьесине кӑтартать. Шкул ҫулне ситмен ачасем валли С. Михалковӑн «Зайка-зазнайка» пьесине лартма хатӗрленӗ. Вӗсӗн классенче вӗренекенсене П. Бажовӑн «Малахитовая шкатулка» произведенийӗ тӑрӑх ҫырнӑ «Солнечный камень» пьесӑна кӑтартаҫҫӗ.

Октябрь уявӗ кунӗсенче театр белорус драматургӗ К. Губаревич ҫырнӑ «Цитадель славы», хӗллехи каникул ҫинче Павлик Морозов ҫинчен хатӗрленӗ пьесӑсене кӑтартать.

Ҫӗнӗ сезонта театр ҫавӑн пекех чех халӑхӗн юмахӗ тӑрӑх Н. Тыл ҫырнӑ «Волынщик из Стракониц», И. Кузнецовпа А. Зак ҫырнӑ «Дневник Наташи Соколовой» тата ытти пьесӑсене те кӑтартать.

## Йывӑҫ материалсем сутас ӗҫе йӗркелемелле

Халӗ ӗҫҫыннисем вӑрман промышленноҫӗ умӗнче пысӑк та ответлӑ задачӑсем тӑраҫҫӗ. Социализмла ялхуҫалӑхне пӗрене, хӑма, фанера нумай кирлӗ. МТС-сене колхозсене, совхозсене тата колхозникӑсене йывӑҫ материалсем ситерсе парса тӑрасси — вӑрман хатӗрлекен организацисен тивӗҫӗ.

Партипе правительство халӑха йывӑҫ материалсем сутассине ӳстерме тата лайӑхлатма хушаҫҫӗ. Ҫавна май СССР Вӑрманпа хут промышленность министерстви халӑха тата колхозсене сутма пӗрене, хӑма т. ыт. те нумайрах уйӑрса парать. Сӑмахран, 1953 ҫулта иккӗмӗш ҫур ҫулта, пӗррремӗш ҫур ҫултипе танлаштарсан, Главлесосбытӑн Чӑваш республикинчи управленийӗ потребительсен кооперацийӗ тата Союзлесторга ҫичӗ хут нумайрах йывӑҫ уйӑрса парать.

Республикӑри малта пыракан вӑрманпромхозсен коллективӗсем хӑйсен тивӗҫне чыслӑ пурнӑҫласа пыраҫҫӗ. «Чувашлес» треста пӑхӑнса тӑракан Первомайски вӑрманпромхоз, Улатӑрти сулӑ юхтаракан кантур виҫҫӗмӗш кварталта йывӑҫ ӑсатмалли задание пурнӑҫланӑ. Юлашки вӑхӑтра Вӑрнарти, Кирери, Ҫӗмӗрлери вӑрманпромхозсем касnӑ йывӑҫа турттарса кӑлармалли плана тултарса пыраҫҫӗ. Бу вӑл—пахa тӗслӗх. Ҫав вӑхӑтрах государство заданийӗсене вӑхӑтра пурнӑҫлассишӗн ответлӑха туйман хуҫалӑх руководителӗсем те сахал мар-ха. Буинскри вӑрманпромхоз, Долгополянӑри, Кирери, Алтышевӑри хӑма сураkан заводсем виҫҫӗмӗш кварталта йывӑҫ материалсем ӑсатмалли плана тултармарӗҫ.

Хӑшпӗр предприятисен руководителӗсем государствӑна хирӗҫле ӗҫсем тӑваҫҫӗ, пахa материалсем ӑсатмалли задание тултарайманнине япӑх, ӗҫе юрӑхсӑр пӗренесем ярса панипе витме тӑрӑшаҫҫӗ. Тӗслӗхрен, Йӗпрес вӑрманпромхозне илер. Сентябрь уйӑхӗнче вӑл Воронеж облаҫӗнчи Добрынски райпотребсоюза пӗрене ӑсатнӑ, уншӑн иккӗмӗш сорт материал тесе, укҫа тӳлеме счет тӑратнӑ. Чӑннипе ҫав пӗренесем ӗҫе юрӑхлӑ пулман. Вӑрманпромхоз директорӗн Парфеньев юлташӑн колхозсемпе ӗҫҫыннисене вутта ҫеҫ юрӑхлӑ пӗренесем мар, ҫӗнӗ ҫуртсем тума, кивӗисене юсама юрӑхлӑ йывӑҫ кирлине манмалла мар.

Республикӑра йывӑҫ материалсем сутас ӗҫе кирлӗ пек йӗркелемен. Чӑвашпотребсоюз руководителӗсем пӗрене, хӑма, вутӑ сутас ӗҫе хаклаmаҫҫӗ. Сакӑнта калани тӗрӗссине сирӗплетсе пама пӗр тӗслӗх илсе кӑтартӑпӑр. Кӑҫалхи виҫҫӗмӗш кварталта Главлесосбытӑн Чӑваш республикинчи управленийӗ Чӑвашпотребсоюза колхозсене сутма 15 пин кубометра яхӑн пӗрене, 3 пин кубометра яхӑн хӑма сӗнчӗ. Чӑвашпотребсоюз руководителӗсен пирӗн сӗнӳпе килӗшмерӗҫ. Йывӑҫ туянтарасси ҫинчен сӑмах тапратсан, вӗсенчен илнах—кун пирки шухӑшласа пӑхмалла, илес тесессен те пур, те ҫук, тепӗр енчен, тупӑш парас тӗлӗшрен те иккӗленмелле, тесе калланине илтме пулать. Ҫав вӑхӑтрах Куславкка, Ҫӗрпӳ, Шупашкар, Вӑрмар, Шӑхӑршӑ райпотребсоюзӗсен руководителӗсем халӑха тата колхозсене сутма йывӑҫ тупайманнишӗн пӑшӑрханаҫҫӗ, тӗрӗ организацисенчен туянма тӑрӑшаҫҫӗ.

Чӑвашпотребсоюз правленийӗн ҫакнийӑ ситменлӗхе пӗтермелле, йывӑҫ материалсем туянса сутас ӗҫе йӗркелемелле.

Потребительсен кооперацийӗсӗр пуҫне, халӑха йывӑҫ материалсем Союзлесторг складӗсем сутаҫҫӗ. Ҫавӑн пек складсем Шупашкарта, Улатӑрта, Канашра, Ҫӗрпӳре тата Ҫӗмӗрлере пур. Чылай ҫӗрте складсене пӑхӑнса тӑракан уйрӑмсем уҫнӑ. Анчах ҫак складсенче ӗҫе япӑх йӗркеленӗ. Унта ӗҫҫыннисене сутма час-часах хӑма, вӗрлӗк, фанера, вутӑ пулмасть.

Союзлесторгӑн Чӑваш республикинчи базин директорӗ Григорьев юлташ Союзлесторг пирӗн республикӑна фондсем сахал уйӑрса панӑшӑн пӑшӑрханать. Ку тӗрӗс те пулӗ. Анчах фондсене ӳстерессиш унтан хӑйӗнчен, вӑл пуҫарулӑх пулнинчен те сахал мар килет. Ҫав вӑхӑтрах Григорьев юлташ ҫӗршер вагон йывӑҫ республика тулашне ӑсатать. Базӑна 10 пин кубометр йывӑҫ касма вӑрман уйӑрса панӑ. Вӑл ҫав вӑрмана касса хатӗрлеме тӑрӑшмасть. Кунсӑр пуҫне тата ҫакна манма юрамасть: республикӑра вӑрман хатӗрлекен организацисем нумай. Вӗсем час-час йывӑҫ сутаҫҫӗ. Хӑма сураkан заводсенче курпин чылай пулать. База тата складсем ӑна туянмаҫҫӗ. Хӗл сывхарса килет. Ӗҫҫыннисене тата колхозсене вутӑ нумай кирлӗ. Союзлесторг базин руководителӗсен складсене вутӑ ытларах кӳрсе килме, вутӑ сутас ӗҫе йӗркелеме тӑрӑшмалла. Складсенче тӳрӗ, халӑх ыйтӑвӗсене тулли кӑмӑлпа тивӗҫтерекен сынсем ӗҫлетчӗр.

Государство ӗҫҫыннисене сутма вутӑ ситерлӗклӗ уйӑрса парать. Анчах хӑшпӗр районсенчи руководительсем ҫав пахa майпа усӑ курма тӑрӑшмаҫҫӗ. Кувакино районне 3 пин кубометр вутӑ пама палӑртнӑччӗ. Кувакино райсовет исполкомӗ ҫав вутта туянма килӗшмерӗ. Элӗк районӗ 3 пин кубометртан 750 кубометрне ҫеҫ тӳлесе илнӗ. Сӗнтӗрти вӑрманпромхоз директорӗ Малинин юлташ ҫаврӑнӑҫусӑр ӗҫленипе Муркашпа Сӗнтӗр районӗсем валли вутӑ кӳрсе килес ӗҫе йӗркелемен.

Райсовет исполкомӗсемпе хула Совет исполкомӗсен, Чӑваш АССР Суту-илӳ министерствӑн халӑха тата колхозсене пӗрене, хӑма, вутӑ тата ытти материалсем сутакан организацисен ӗҫне тӑтӑшах тӗрӗслемелле, унти ситменлӗхсене пӗтерме тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑнмалла.

Республикӑри вӑрман промышленноҫӗ чылайранпа юлса пырать. Ҫавӑн пирки колхозсем, МТС-сем тата ӗҫҫыннисем хӑйсене кирлӗ материалсем вӑхӑтра туянма пултараймаҫҫӗ. Вӑрманпромхозсен коллективӗсем государство сирӗплетсе панӑ плана ӑнӑҫлӑ тултарассишӗн, социализмла ялхуҫалӑхне малалла аталантарма, ӗҫҫыннисен пурнӑҫне лайӑхлатма ытларах пулӑшассишӗн вӑй пеллемесӗр ӗҫлеме тивӗҫ.

Н. ДОЛБИЛОВ,
Главлесосбытӑн Чӑваш республикинчи управленийӗн начальникӗ.

## Шалти резервсемпе усӑ куратпӑр

Продукцин хӑйне ларакан хакне тӑтӑшах йӳнетсе пыни социализмла экономика законӗ пулса тӑрать. Производствӑри тӑкаксене чакарни, накоплени ӳсса пыни ӗҫҫыннисен пурнӑҫне малалла лайӑхлатма май парать. Ҫавӑнпа та пирӗн ҫӗршыври ӗҫҫыннисем ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетме тӑрӑшаҫҫӗ.

Ҫӗмӗрлери «Большевик» завод коллективӗ, партин XIX-мӗш съезчӗн директивисене пурнӑҫласа, экономикӑлла кӑтартусене лайӑхлатас тӗлӗшпе чылай ситӗнӳ турӗ. 1953 ҫулхи ҫичӗ уйӑх хушшинче, пӗлтӗрхи ҫав тапхӑрпа танлаштарсан, завод продукцин хӑйне ларакан хакне 5 процент йӳнетрӗ, чылай тупӑш пачӗ.

Ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерни продукци туса кӑларассине ӳстермелли тата унӑн хӑйне ларакан хакне йӳнетмелли тӗп условипулса тӑрать. Ҫакна асра тытса, завод коллективӗ ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстернӗҫемӗн ӳстерсе пырать. Ҫичӗ уйӑх хушшинче ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстермелли плана 108 процент тултарнӑ.

Завод коллективӗ тӗп цехсенче малта пыракан техникӑна ӗҫе кӗртсе ситерме, ӗҫ вӑйӗ нумай ыйтакан процессене механизацилеме задача лартрӗ. Ҫак задачӑна пурнӑҫлассишӗн мӗнпур рабочисем, инженерсемпе техниксем хастарлӑн ӗҫреҫҫӗ.

1953—1955 ҫулсенче завода сӗнетме, унӑн хӑватне ӳстерме палӑртнӑ. Ҫакӑ продукци ассортиментне сарма тата производствӑна пысӑклатма май парӗ. Заводӑн йывӑҫ хуппинчен экстракт туса кӑлармалла пулать. Вара предприяти, халӗхипе танлаштарсан, 43 миллион тенкӗлӗх ытларах продукци туса кӑларма пултарать. Йывӑҫ хуппинчен экстракт туса кӑларакан цеха анлӑлатма тата пысӑкрах диффузорсем вырнаҫтарса лартма палӑртнӑ.

Малта пыракан технологи процесне ӗҫе кӗртсен, заводӑн йывӑҫ хуппинчен экстракт порошок пек вӗтетсе кӑлармалла пулать. Ку вӑл, тир-сӑран заводӗсене продукци турттарма каякан расходсене нумай чакарма май парать. Йывӑҫ хуппине турӑса вӗтетме Селифанов системипе тунӑ машинӑсем вырнаҫтарса лартаҫҫӗ, сапла тунипе чӗртавар вӗтетесси лайӑхланать тата экстракт ытларах кӑларма май пулать.

Ӗҫе механизацилени тата ҫӗнӗ оборудовани ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме, укҫа-тенке нумай перекетлеме май парать.

Ҫӗнӗ техникӑна ӗҫе кӗртнипе тата ӗҫ вӑйӗ нумай ыйтакан ӗҫсене механизацилени пӗр вӑхӑтрах, завод коллективӗ туса кӑларакан продукци пахалӑхне лайӑхлатассишӗн, станоксемпе, машинӑсемпе лайӑх усӑ курассишӗн кӗрешет.

Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетес ӗҫре производствӑри тӑкаксене чакарни пысӑк вырӑн йышӑнать. Пирӗн заводӑн производствӑри расхоҫӗсенче чӗртавар илме каякан расходсем 65 процент йышӑнса тӑраҫҫӗ. Ҫавӑнпа та завод коллективӗ чӗртавара перекетлессине уйрӑмах тимлӗ пӑхать.

Производство технологине тӗрӗс пурнӑҫласа пыма рабочисен квалификацине ӳстерни кирлӗ. Заводра рабочисене квалификацине ӳстермелли тата техникӑлла курсенче вӗрентеҫҫӗ. Анчах ку ӗҫ ситеймӗсӗр пулса пырать-ха. Малашне рабочисен квалификацине ӳстерес ӗҫе лайӑхрах йӗркелеме тӑрӑшмалла.

Продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетес майпа заводра чылай ӗҫсем туса пыраҫҫӗ. Кӑҫал хатӗрлесе ситернӗ продукци складӗнчи ӗҫсене механизацилесе ситерӗ, Сӑр хӗрринчи складра транспортер вырнаҫтарса лартнӑ т. ыт. те.

Заводри рационализаторсем ӗҫе лайӑхлатма, продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетме пулӑшакан сӗнӳсем нумай параҫҫӗ. Иртнӗ ҫулта 47 рационализатора сӗнӗвӗ ӗҫе кӗртнӗ. Кӑҫалхи пӗррремӗш ҫур ҫулта 39 рационализатора сӗнӗвӗ йышӑнса ӗҫе кӗртнӗ, ҫав сӗнӳсем завода 131 пин тенкӗ укҫа перекетлеме май параҫҫӗ.

Михаил Хохлов, Петр Башкиров, Федор Мидраков, Николай Баранов тата ытти рабочисем заводри чи лайӑх рационализаторсем шутланаҫҫӗ. Вӗсен сӗнӗвӗсене рационализаторсем панӑ сӗнӳсен сборникне кӗртнӗ.

Сапах та рационализаторсен ӗҫне сарса пырас енӗпе ситменлӗхсем пуррине палӑртмалла. Новаторсен ӗҫне лайӑхлатассипе сыхӑнса тӑракан ыйтусене профсоюзӑн заводри комитечӗ сайра хутра ҫеҫ сӳтсе явать.

Завод коллективӗ продукцин хӑйне ларакан хакне йӳнетессишӗн, чӗртавара, материалсене, топлива, электроэнергие перекетлӑ расходлассишӗн социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатнӑҫемӗн вӑйлатса пырать.

И. ЕВГЕНЬЕВ,
Ҫӗмӗрлери «Большевик» заводӑн планпа производство пайӗн заведующийӗ.

та шуррӑн курӑнакан пулать-ши вӑл? Ҫӗвӗпе хӗвелпе ҫил ҫинче ҫӳресе йӑс пек йӑлтӑртатакан пулнӑ тулли сӑн-питне курнӑҫемӗн курас килет. Пӗр пытармасӑр калатӑп сана, Нива. Темшӗн ман унӑн пуҫне хамӑн ӑшӑ кӑкӑрӑм ҫумне тытса ачашлас килчӗ.

Директорпа калаҫнӑ хушӑра Коля темле ӑнсӑртран ман енелле ҫаврӑнса пӑхрӗ те, юпа пек кӑнт хытрӗ. Ҫӑварӗ кӑшт карӑлчӗ, тутисем тем мӑкӑртатнӑ пек сиксе ячӗҫ, чӗкеҫ ҫунатти евӗрлӗ ҫинҫе те хура куҫхаршисем ҫӳлелле ҫӗкленчӗҫ. Питҫӑмарти ҫырла пек хӗрелсе кайрӗ.

Эпӗ вӑл хумханнине курман пек пулса, юри директор енелле пӑхма пуҫларӑм. «Юрататъ вӑл мана, юратать» шухӑшласа илтӗм хамӑн ӑшӑмра.

— Вера!—аран-аран илтӗнчӗ унӑн тӗлӗннипе ӑшне кайнӑ сасси.—Ӑҫтан ҫаврӑнса килтӗн?—хӑй икӗ аллине малалла тӑсса, ман енелле ярса пусрӗ.

— Ку хӗрача чылайранпа ларать пулас. Мӗн ыйтупа килнӗччӗ?—тӗлӗкри пек илтӗнчӗ директор сасси.

Эпӗ хам мӗншӗн килнине каласа кӑтартрӑм.

— Пӗлетӗп, пӗлетӗп. Эсир килесси ҫинчен пӗлтернӗччӗ мана,—терӗ директор.—Паянлӑха МТС-па паллашӑр. Ыран колхоза каятӑр.

Пӗр-икӗ сӑмах калаҫсанах вӑтанасси иртсе кайрӗ. Эпӗ хӑюланса, хама паянах колхоза яма ыйтрӑм.

Директор килӗшрӗ. Катра пуҫлӑ, тутине хӗретнӗ хӗрачана чӗнсе илсе, кирлӗ хутсем хатӗрлеме хушрӗ. Мана хӑйне пӗрле мастерскойне илсе кайрӗ.

— Май килнӗ чухне МТС хуҫалӑхӗпе паллашма тӑрӑш. Кайран пӗр-пӗр ӗҫпе килсен, ҫынсенчен ыйтса ҫӳремелле ан пултӑр,—терӗ директор килкартинче кӑтартса ҫӳренӗ вӑхӑтра.

Пӗри-тавра вуникӗ ҫет унусҫи лартса тухнӑ МТС килкарти тултан пӑхсан сад пек курӑнать. Шала кӗрсен вара пысӑк завод тӑвакан строительство площадки евӗрлӗ туйӑнса кайрӗ. Мӗн кӑна тумаҫҫӗ пулӗ кунта! Парти йышӑннӑ постановление пурнӑҫлама тытӑннӑ та иккен!

МТС мастерскойӗ ҫинчен шухӑшласан, ман куҫ умне пысӑк сарай тухса тӑраканччӗ. Ҫапла пулнӑ-ҫке-ха пирӗн МТС-сен мастерскойӗсем. Ҫук, чӑнах та, пурнӑҫран юлма пуҫланӑ ҫын иккен эпӗ. Икӗ ҫул каярах кунта кирпӗчрен питӗ пысӑк мастерской туса лартнӑ. Вӑл пысӑк заводӑн пысӑк цехӗнчен кая мар. Мастерскойри пысӑк та ҫутӑ цехсенче вӗр-ҫӗнӗ станоксем кӗрлеҫҫӗ. Директор каланӑ тӑрӑх, вӑл станоксемпе тракторӑн кирек хӑш пайне те тума пулать.

Механизаторсем мӗнле хавхаланнине курасчӗ санӑн! Вӗсене курсан, хамӑн та чун ҫӗкленсе кайрӗ. Ремонта хатӗрленсе вунтӑхӑр узел тунӑ. Узелсене чи опытлӑ ҫынсене уйӑрнӑ. Ярхунов тимӗрҫӗ халех трактор гусеници валли ввезхочкӑсем тӑва-тӑва хурать.

Мастерскойран кӑшт кӑнтӑрарах пысӑк гараж тума тытӑннӑ. Вӑл килес ҫул тин хута каймалла-ха.

Эпӗ, агроном пулсан та, МТС ҫине тырпул туса илесси енчен кӑна пӑхнӑ. Ыттисем те ман пекрех шухӑшланӑ-ха ӗнтӗ ӑна. Халӗ куратӑп та, тӗлӗнсе кайатӑп. МТС килкарти ҫумӗнчех кирпӗч завочӗ лартса пӗтернӗ. Ситес ҫул вӑл витесем лартма колхозсене виҫӗ миллион штук кирпӗч ҫапса парать.

Мӗн чухлӗ техника килсе тӑрать кунта! Паян та кантӑр ҫапмалли молотилкӑсем илсе килчӗҫ. Институтра эпӗ кун пек молотилка курман. Хулара нарнӑ пулсан, паянхи кун та курас ҫукчӗ. Колхозра кӑна агроном пурнӑҫпа тан утма пултарать ҫав.

Вӑт мӗнле ҫӗклет хула МТС урӑх колхозсене!

Кун пек МТС-ра ӗҫлеме пулать. Иквиҫӗ ҫултан пур МТС-сем те кунтан темиҫе хут лайӑх пуласси ҫинчен шухӑшласан, вӗҫӗ-хӗррисӗр савӑнас килет.

Тем тӗрлӗ лайӑх ӗпаласем курса ҫӳренӗ вӑхӑтра та манӑн куҫ умӗнчен Коля сӑнӗ кайма пӗлмерӗ.

Хӑй мӗн шухӑшлать-ши вӑл ман ҫинчен?

МТС хуҫалӑхне пӑхса ҫӳренӗ вӑхӑтра директор патне икӗ хӗрарӑм пычӗҫ.

— Сире чӑрмантарма юрать-ши?—терӗ пӗр вӑтӑр ҫула ситнӗ хитре сӑн-питлӗ хӗрарӑм. Калаҫнӑ вӑхӑтра хӑй пӗрмай тутӑрне тӳрлетнӗ пек тукаларӗ.

— Юрать, юрать. Мӗн ҫӑмӑлпа килнӗччӗ?—кӑмӑллӑн йышӑнчӗ вӗсене директор.

— Никифор Григорьевич, эпир рабочисем валли спецовка туянни тенине илтрӗмӗр,—сӑмах хушрӗ иккӗмӗш хӗрарӑмӗ.

— Туянтӑмӑр ҫав.

— Эпир, хӗрарӑмсем, хамӑрӑн хушӑмӑрта канашларӑмӑр-канашларӑмӑр та, кивӗисене ҫуса парас, терӗмӗр.

— Питӗ аван пулӗччӗ.

— Ара аван пулмасӑр,—каллех малтанхи хӗрарӑмах калаҫма пуҫларӗ.—Тасама мар, таса пулни хамӑрӑн упӑшкасемшӗн вӗт.

— Кивӗрехисене ҫапласа та парӑпӑр.

— Ремонтра ӗҫлекенсем пурӑнмалли общежитие те пырса пӑхмӑр-ши эсир? Койкӑсене мӗнле вырнаҫтарса лартсан авантрах пуласине кӑтартса парсан аван пулӗччӗ.

— Ситсе килӗпӗр,—килӗшрӗҫ хӗрарӑмсем.

Пурте пӗрле общежити енелле утрӑмӑр.

Общежити хӗрарӑмсен кӑмӑлне кайрӗ пулмалла. Вӗсем, алла-каллӑ тӑрмӑсе калаҫас вырӑнне, тин ҫӑрӑ типсе ситнӗ урай тӑрӑх чӗрне вӗҫӗн утса ҫӳресе койкӑсемпе тумбочкӑсене вырнаҫтарса лартма пуҫларӗҫ. Тӳшекпе минтер пичӗсене ҫӳсе илсе ҫума илсе кайрӗҫ. Пӗри чӳрече каррисем ҫӗлесе пама пулчӗ.

— Куратӑн-и, МТС-ра ялан ӗҫлекен рабочисем тунӑ хыҫҫӑн хӗрарӑмсем тасалӑхшӑн кӗрешме пуҫларӗҫ. Халиччен кун пеккине курманччӗ-ха,—терӗ директор хӗрарӑмсем кайсан.

Ку ҫырӑва сирӗн ялтан—Исемпелӗнчен—ҫыратӑп. Эсӗ ку ята ҫураннӑ вӗт! Паянтан пуҫласа, эпӗ сирӗн ялти колхоз агрономӗ. Сыру ҫырнӑ хушӑра яр уҫса янӑ чӳречерен темиҫе куҫӑр пулса юхакан Аслӑ Пӑла шывӗ ҫине пӑхса илетӗп. Аслӑ Пӑла вӑл—эсӗ сӑнласа кӑтартнӑ Унӑ шывӗ мар, куҫ тулли сарӑлса юхать. Унӑн вӑйӗпе колхозсем авӑн ҫапаҫҫӗ, ӗне сӑваҫҫӗ, пӳртсене ҫутатаҫҫӗ, радио калаҫтараҫҫӗ. Хӗрсем икӗ аркӑллӑ пурҫӑн кӗписене утюгласа якатаҫҫӗ, улахра та электричество ҫутипе тӗрӗ тӗрлеҫҫӗ, чӗнтӗр сыхаҫҫӗ.

Анчах мана кунта пӗр япала кӑмӑла каймарӗ. Мана, тин килнӗ ҫынна, тӳрех колхоза ячӗҫ. Эпӗ телейлӗ пултӑм. Районта мансӑр пуҫне те агрономсемпе зоотехниксем нумай. Вӗсене пурне те колхозсене ямалла вӗт. Темшӗн вӗсене халӗ те МТС-па ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев управленийӗнче тытса тӑраҫҫӗ-ха. Халтерех яни колхозсемшӗн те, специалистсемшӗн те лайӑх пулнӑ пулӗччӗ. Кӑвак пӗлӗтӑн, хальхи вӑхӑтра колхозсенче сывлӑш ҫавӑрмасӑр ӗҫлемелле. Халех тытӑнмасан, паян тукалан хӗллене тӑрса юлать.

Вӑхӑт нумай кайрӗ, сурсӗр ситет. Колхоз фермисенчи артӑнсем ӑмӑртмалла автма пуҫларӗҫ. Сыру та ытла вӑрӑм пулчӗ. Вӗсне ҫырма пӗлмерӗм.

Малтанлӑха ситӗ, Сыр! Сыр!

Сан ҫырӑвна кӗтекен — Вера Тахмакова.

Павел ЩИПЦОВ.

Венгри Халăх Республикинчи пысăк предприятисен çумĕнче Культура дворецĕсем клубсем уçăççĕ, вĕсем ĕçсыннисен хушшинче культурăпа çутта кăларас ĕçе сарса пыраççĕ, ĕç çине социализмла пăхма вĕрентеççĕ, социализмла ĕçе сарса пыма пулăшаççĕ. Культура дворецĕсенче клубсенче наукăпа техника, литература, искусство çитĕнĕвĕсемпе паллаштараççĕ, художествăлла пултарулăх ушкăнĕсем ĕçлеççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Вильгельм Пик ячĕпе тăракан завод çумĕнчи Аттила Йожеф ячĕпе тăракан Культура дворецĕн библиотекипе вуламалли залĕнче.

# Профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ

ВЕНА, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Паян кунта «Концертхауз» çуртĕнче Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ уçăлнă.

Конгреса Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ Джузеппе ди Витторио уçнă. Вăл сăмах каланă.

Конгресс президиумне çаксене суйланă: Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ ди Витторио, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Луи Сайян, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн вице-председателĕсем Н. М. Шверник (СССР), Ален ле Леап (Франци), Лю Нин-и (Китай), Ломбардо Толедано (Латинла Америка), С. Н. Данге (Инди), Абдулла Диалло (Франци Суданĕ), Ф. Зупка (Чехословаки), Б. Брансен тата пĕтĕм тĕнчери профсоюз юхăмĕн ытти паллă деятелĕсем. Конгресс президиумне çавăн пекех тата тĕнчери прогрессивлă организацисен представителĕсене — Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕн, Хĕрарăмсен тĕнчери демократиллĕ федерацийĕн, Демократиллĕ çамрăксен Пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн тата Журналистсен тĕнчери организацийĕн представителĕсене чĕннĕ.

Конгресс çакăн пек кун йĕрки çирĕплетнĕ:

1. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн ĕçĕсем çинчен отчет тата пурнăçа лайăхлатассишĕн, миршĕн пыракан кĕрешӳре ĕçсыннисен пĕрлĕхлĕ ĕçне тĕреклетес енĕпе профсоюзсем умĕнче тăракан малашнехи задачăсем çинчен. (Докладчик — Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Луи Сайян).

2. Капитализмла çĕршывсемпе колониллĕ çĕршывсенче экономикăпа социальнăй аталанушăн кĕрешес, наци никама пăхăнманлăхĕпе демократиллĕ ирĕклĕхсене хӳтĕлес тĕлĕшпе профсоюзсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен. (Докладчик — Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн председателĕ Джузеппе ди Витторио).

3. Колониллĕ тата çурма колониллĕ çĕршывсенче профсоюзсен юхăмне аталантарасси çинчен. (Докладчик — СОВСИ генеральнăй секретарĕн заместителĕ Руслан Виджаджасастра (Индонези).

4. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн ревизорĕсен финанс отчечĕ.

5. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн ертсе пыракан органĕсен суйлавĕ.

Австрири ĕçсыннисем ячĕпе конгресс делегачĕсене Австрири профсоюзсен пĕрлешĕвĕн «Профсоюзсен пĕрлĕх фракцийĕн» председателĕ Готлиб Фиала саламлать.

Конгресс вăхăтĕнче ĕçлеме комиссисем уйăрнă хыççăн, кун йĕркинче тăракан пĕррĕмĕш ыйту тăрăх доклад тума Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Луи Сайян сăмах илет.

ВЕНА, октябрĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕн ирхи ларăвĕнче Луи Сайян докладĕ тăрăх прениссем пуçланнă. Председатель пулса ертсе пыракан Н. М. Шверник В. Мануэль Гутьерреса — Гватемалари ĕçсыннисен пĕрлĕхлĕ конфедерацийĕн генеральнăй секретарьне — сăмах парать.

Америкăн «Юнайтед фрут компани» ятлă компанийĕ тенĕ Гутьеррес, Гватемалари реакци лагерьне ертсе пырать, кантарçăсене хĕспĕшлантарать, террористла ушкăнсене укса-тӳлесе тăрать, тата ытти сăтăрла ĕçсем те тăвать. Çак компани Гватемалăра хăйне ятлесе тăракан правительство туса хураснăн.

Гутьеррес Гватемалăра ют çĕршыв монополийĕсен предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисем хăйсен тăрăн кĕрешни çинчен каласа парать тата каласа кăтартать.

Чехословаки делегацийĕн представителĕ Зубка ĕçсыннисем социализм строительствинче тунă çитĕнӳсем çинчен, профсоюзсем Чехословаки çĕршывĕн пурнăçĕнче пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен каласа панă.

Пĕтĕм тĕнчери мире юратакан çынсенпе пĕрле, тенĕ Зубка, Чехословакири профсоюзсем Пĕтĕм тĕнчери Мир Совечĕ атомлă хĕçпăшала чарса хуратасси, тĕнчери татса паман мĕнпур ыйтусене мирлĕ майпа татса парасси çинчен чĕнсе каланине пĕтĕмпех ырласа йышăнаççĕ.

Финляндири ĕçсыннисен представителĕ Ларс Юнттила Финляндири профсоюзсем конгреса тĕплĕн хатĕрленни çинчен каласа панă. Вăл тата çакна кăтартса панă: хальхи вăхăтра Финляндире капитал ĕçсыннисен анлă сийĕсен пурнăçне хытă начарлатса пырать. Çĕршывра капитал тапăннине хирĕç тăрасси ӳсет.

Трибуна умĕнче Герберт Варнке. Вăл конгресс делегачĕсене Демократиллĕ Германи Республикинче Хĕвеланăç Германири ĕçсыннисен представителĕсен делегацийĕ ячĕпе саламлать.

Варнке çакна палăртнă: Хĕвеланăç Германире пулса тăнă лару-тăру Европăри мĕнпур халăхсемшĕн пысăк хăрушлăх пулса тăрать. Çавăнпа та нимĕç делегацийĕ, тенĕ вăл, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн генеральнăй секретарĕ Луи Сайян Европăри мĕнпур профсоюзсемпе мĕнпур ĕçсыннисене хăйсен вăйĕсене вăрçă хăрушлăхне сирсе ярассишĕн кĕрешме, Бонри тата Парижри договорсене çирĕплетессине хирĕç кĕрешме пĕрлештересси çинчен Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресĕ ячĕпе чĕнсе калама сĕннине хĕрӳллĕн саламласа йышăнать.

Бирма делегачĕ Тан Нгум Бирмăри профсоюзсен конгресĕ ĕçсыннисен пĕрлĕхĕшĕн кĕрешни çинчен каласа панă.

Чилири ĕçсыннисен пĕрлĕхлĕ профсоюз центрĕн генеральнăй секретарĕ В. Касанова Чилири ĕçсыннисен пурнăçĕ пĕрмай начарланса пыни çинчен каласа панă. Вăсахи çулăн малтанхи 9 уйăхĕ хушшинче пурăнма кирлĕ япаласен хакĕ 32 процент ӳснĕ, çав вăхăтрах ĕç укçи пурĕ те 4 процент кăна ӳснĕ. Çĕршывра 500 пин ытла çурт-йĕр çитмест. 160 пин çын шăтăк-çурăк çуртсенче пурăнаççĕ. Ача сенчен çурри таран туберкулезпа чирлеççĕ.

Ĕçсыннисем хăйсен пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн пĕрлешсе кĕрешнĕ май Чилире пĕрлĕхшĕн кĕрешесси вăйланса пырать. Çакăн пек кĕрешнипе Чилири ĕçсыннисен пĕрлĕхлĕ профсоюз центрне туса хунă, тенĕ В. Касанова.

Цейлонри профсоюзсен федерацийĕн генеральнăй совечĕн членĕ Хасан Санмгат Англи монополийĕсем Цейлон экономикинче пуç пулса тăни çинчен каласа панă. Акăлчансем Цейлон утравĕ çинчи чей плантацийĕсене 80 процент таран, каучук плантацийĕсене çурри таран тытса тăраççĕ. Ют çĕршыв фирмисем пуç пулса тăнă пирки Цейлон экономики йывăр кризиса кĕрсе ӳкнĕ. Çак кризисăн пĕтĕм йывăрлăхĕ ĕçсыннисене тивет.

Малалла Хасан Санмгат Цейлонри ĕçсыннисен кĕрешĕвĕ çинчен каласа панă.

Зала Австрири рабочисен организацийĕсен делегацийĕ пырса кĕрет. Делегацие пурте тăвăллăн алă çупса саламлаççĕ. Председатель пулса ертсе пыракан Н. М. Шверника Делегаци чечек çыххисем тата Австрири ĕçсыннисен ячĕпе парнесем парать.

Австрири профсоюзсен пĕрлешĕвĕн правлени членĕ Хейниш Австрири профсоюзсен организацийĕсен ячĕпе çырнă салама вуласа парать.

Н. М. Шверник ăна хирĕç сăмах калать.

Ирхи ларура юлашкинчен Панамăри ĕçсыннисен федерацийĕн представительници Марта Матанорос тухса калать.

# Политикăлла конференци пухас ыйтупа США янă послани пирки Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви панă ответ

ПЕКИН, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви политикăлла конференци пухас ыйту тăрăх США янă послани пирки панă ответа пичетлесе кăларнă. Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви ячĕпе Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Чжоу Энь-лай панă ответра çапла каланă:

«Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительстви сентябрĕн 19-мĕшĕнче, 24-мĕшĕнче тата октябрĕн 9-мĕшĕнче Швеци правительстви урлă ярса панă виçĕ посланине асра тытма йышăннă тата вĕсене Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительствипе пĕрле тĕпчесе вĕреннĕ.

Халĕ эпĕ Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви ячĕпе çапла пĕлтерме полномочи илнĕ:

1. Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви 1953 çулхи сентябрĕн 13-мĕшĕнче тата 14-мĕшĕнче Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн генеральнăй секретарьне Даг Хаммаршельд господина ярса панă хăйсен ответлă телеграммисенче тăватă сĕнӳ кăларса тăратрĕç. Çав сĕнӳсем тăрăх, ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕн, политикăлла конференцие хăвăртрах пухмалла тăвас шутпа, политикăлла конференцие хутшăнакан çĕршывсен йышне пысăклатма хăвăртрах мерăсем йышăнмалла. Çак сĕнӳсене Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн генеральнăй секретарĕ официальнăй йĕркепе ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессине панă. Совет Союзĕн ООН-ри делегацийĕн пуçлăхĕ Андрей Вышинский господин ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕн председателĕ ячĕпе сентябрĕн 18-мĕшĕнче ярса панă çырура Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республики правительствисен çӳлте асăннă сĕнĕвĕсене сесси кун йĕркине кĕртме ыйтнă. Анчах та ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕ çак сĕнӳсене хăйĕн кун йĕркине кĕртме килĕшмен. Центральнăй Халăх Правительстви çапла шутлать: çакă вăл ООН Генеральнăй Ассамблейин тĕнчери тавлашусене мирлĕ каласусем ирттерсе татса памалли принципа хирĕç тăнине кăтартать. Ку вăл ăссăр ĕç пулса тăрать. Çакăн пирки Центральнăй Халăх Правительстви питех те пăшăрханать.

2. Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви яланах çапла шутланă: политикăлла конференци хăйĕн форми тĕлĕшĕнчен Паньмыньчжонри каласусем евĕр пулмалла мар, Корейăра вăрçă вăрçакан икĕ енĕсĕр пуçне унта интересленекен нейтральнăй государствăсене хутшăнтармалла. Çакă вăл конференцие пĕр чăрмавсăр ирттерессине çăмăллатнă пулĕччĕ тата ют çĕршывсен мĕнпур çарĕсене илсе тухмалла, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелемелле тăвас ыйтăва тата ытти ыйтусене татса пама çул тупма пулăшнă пулĕччĕ. Анчах та ООН Генеральнăй Ассамблейи, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕн тĕллевĕсемпе принципĕсене шута хумасăр, Корейăра вăрçă вăрçакан енĕсенчен пĕрин позицине йышăнчĕ, политикăлла конференци ĕçне Индие хутшăнтарассине хирĕç тăракан сахалрахăшĕн шухăшне йышăнса, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн ытларахăш членĕсен тĕнчери тавлашуллă ыйтусене Устав тăрăх мирлĕн татса памалли правине пĕтерсе хучĕ. Центральнăй Халăх Правительстви çапла шутлать: ООН Генеральнăй Ассамблейин çавнашкал ĕçĕсем Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн ахаль те пĕтĕмпе тенĕ пекех пĕтсе çитнĕ авторитетне тата ытларах пĕтересси патне илсе пыраççĕ. Унăн çакнашкал ĕçĕсем çынсене çакна тата уççăнрах курса тăма май параççĕ: Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатас тĕлĕшпе агрессорсен интересĕсене хӳтĕлес ĕçе малалла туса пырать.

3. Апла пулсан та, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парас политикăна пĕр пăрахланмасăр пурнăçлас тĕллевпе, — çакă вăл Азире тата пĕтĕм тĕнчере мире тĕреклетес ĕçе çăмăллатма пулăшать, — тата политикăлла конференцие пухас ĕçе хăвăртлатас тĕллевпе, Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительстви. Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительствипе консультаци тунă хыççăн çапла шута килĕшрĕ: Демократиллĕ Корея Халăх Республикипе Китай Халăх Республикин Правительствисем политикăлла конференци тĕлĕшпе тăракан ыйтусем тăрăх каласусем ирттерес тĕллевпе Пĕрлешӳллĕ Штатсен представителĕсемпе тĕл пулма хăйсен представителĕсене уйăраççĕ.

4. Çак каласусенче политикăлла конференцие ăçта тата хăçан ирттересси çинчен тăракан ыйтусене кăна мар, тата, — ку ĕнтĕ пуринчен те ытларах кирли пулать, — политикăлла конференцие хутшăнакан çĕршывсен йышĕ çинчен тăракан ыйтăва та татса памалла.

5. Çак каласусене Корейăра вăрçă вăрçакан икĕ енĕ кăна ирттернĕ май, çак каласусене ирттермелли вырăн Корейăри Паньмыньчжонь пулни вырăнлă.

**ЧЖОУ ЭНЬ-ЛАЙ,**

**Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ.**

Пекин, 1953 çулхи октябрĕн 10-мĕшĕ.

# *Нам Ир пĕлтерни*

ПХЕНЬЯН, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Нам Ир пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă. Ку вăл политикăлла конференци пухас ыйту тăрăх США правительстви Швеци правительстви урлă янă виçĕ послани çине панă ответ пулса тăрать. Аяларах Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ Нам Ир Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви ячĕпе панă ответа пичетленĕ.

«Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви Пĕрлешӳллĕ Штатсен Правительстви сентябрĕн 19-мĕшĕнче, 24-мĕшĕнче тата октябрĕн 9-мĕшĕнче Швеци правительстви урлă ярса панă виçĕ посланине асра тытма йышăннă тата вĕсене Китай Халăх Республикин Правительствипе пĕрле тĕпчесе вĕреннĕ.

Халĕ эпĕ Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви ячĕпе çапла пĕлтерме полномочи илнĕ:

1. Китай Халăх Республикин Правительстви тата Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви 1953 çулхи сентябрĕн 13-мĕшĕнче тата 14-мĕшĕнче Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн генеральнăй секретарьне Даг Хаммаршельд господина ярса панă хăйсен ответлă телеграммисенче тăватă сĕнӳ кăларса тăратрĕç. Çав сĕнӳсем тăрăх, ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕн, политикăлла конференцие хăвăртрах пухмалла тăвас шутпа, политикăлла конференцие хутшăнакан çĕршывсен йышне пысăклатма хăвăртрах мерăсем йышăнмалла. Çак сĕнӳсене Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн генеральнăй секретарĕ официальнăй йĕркепе ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессине панă. Совет Союзĕн ООН-ри делегацийĕн пуçлăхĕ Андрей Вышинский господин ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕн председателĕн ячĕпе сентябрĕн 18-мĕшĕнче ярса панă çырура Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республики Правительствисен çӳлте асăннă сĕнĕвĕсене сесси кун йĕркине кĕртме ыйтнă. Анчах та ООН Генеральнăй Ассамблейин саккăрмĕш сессийĕ çак сĕнӳсене хăйĕн кун йĕркине кĕртме килĕшмен. Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви çапла шутлать: çакă вăл ООН Генеральнăй Ассамблейин тĕнчери тавлашусене мирлĕ каласусем ирттерсе татса памалли принципа хирĕç тăнине кăтартать. Ку вăл ăссăр ĕç пулса тăрать. Çакăн пирки Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви питех те пăшăрханать.

2. Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви яланах çапла шутланă: политикăлла конференци хăйĕн форми тĕлĕшĕнчен Паньмыньчжонри каласусем евĕр пулмалла мар, Корейăра вăрçă вăрçакан икĕ енĕсĕр пуçне унта интересленекен нейтральнăй государствăсене хутшăнтармалла. Çакă вăл конференцие пĕр чăрмавсăр ирттерессине çăмăллатнă пулĕччĕ тата ют çĕршывсен мĕнпур çарĕсене илсе тухмалла, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелемелле тăвас ыйтăва тата ытти ыйтусене татса пама çул тупма пулăшнă пулĕччĕ. Анчах та ООН Генеральнăй Ассамблейи, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕн тĕллевĕсемпе принципĕсене шута хумасăр, Корейăра вăрçă вăрçакан енĕсенчен пĕрин позицине йышăнчĕ, политикăлла конференци ĕçне Индие хутшăнтарассине хирĕç тăракан сахалрахăшĕн шухăшне йышăнса, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн ытларахăш членĕсен тĕнчери тавлашуллă ыйтусене Устав тăрăх мирлĕн татса памалли правине пĕтерсе хучĕ. Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви çапла шутлать: ООН Генеральнăй Ассамблейин çавнашкал ĕçĕсем Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн ахаль те пĕтĕмпе тенĕ пекех пĕтсе çитнĕ авторитетне тата ытларах пĕтерессен патне илсе пыраççĕ. Унăн çавнашкал ĕçĕсем çынсене çакна тата уççăнрах курса тăма май параççĕ: Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕ тĕнчери лару-тăрăва йывăрлатас тĕлĕшпе агрессорсен интересĕсене хӳтĕлес ĕçе малалла туса пырать.

3. Апла пулсан та, Корея ыйтăвне мирлĕ майпа татса парас политикăна пĕр пăрахланмасăр пурнăçлас тĕллевпе, — çакă вăл Азире тата пĕтĕм тĕнчере мире тĕреклетес ĕçе çăмăллатма пулăшать, — тата политикăлла конференцие пухас ĕçе хăвăртлатас тĕллевпе, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительстви Китай Халăх Республикин Центральнăй Халăх Правительствипе консультаци тунă хыççăн çапла тума килĕшрĕ: Китай Халăх Республикипе Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Правительствисем политикăлла конференци тĕлĕшпе тăракан ыйтусем тăрăх каласусем ирттерес тĕллевпе Пĕрлешӳллĕ Штатсен представителĕсемпе тĕл пулма хăйсен представителĕсене уйăраççĕ.

4. Çак каласусенче политикăлла конференцие ăçта тата хăçан ирттересси çинчен тăракан ыйтусене кăна мар, тата, — ку ĕнтĕ пуринчен те ытларах кирли пулать, — политикăлла конференцие хутшăнакан çĕршывсен йышĕ çинчен тăракан ыйтăва та татса памалла.

5. Çак каласусене Корейăра вăрçă вăрçакан икĕ енĕ кăна ирттернĕ май, çак каласусене ирттермелли вырăн Корейăри Паньмыньчжонь пулни вырăнлă.

**НАМ ИР,**

**Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ.**

Пхеньян, 1953 çулхи октябрĕн 10-мĕшĕ.

## Польша çарĕ 10 çул тултарни

ВАРШАВА, октябрĕн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Октябрĕн 12-мĕшĕнче Польша халăх çарĕ пуçланни 10 çул тултарать. Çак кунсенче предприятисенче, учрежденисенче, аслă шкулсенче, ялсенче Польша çарĕн кунĕ ячĕпе калаçусем ирттереççĕ. Клубсемпе культура çуртĕсенче Польша çарĕн салтакĕсемпе офицерĕсем çар ĕçне тата политикăна вĕренес тĕлĕшпе тунă çитĕнӳсене кăтартакан, Польша çарĕпе Совет Çарĕ тата халăх демократи çĕршывĕсен çарĕсем хушшинчи туслăх тĕреклени çинчен каласа паракан выставкăсем организациленĕ.

Хаçатсем Польша çарĕ 10 çул тултарнă ятпа статьясем, очерксем, сыпусем пичетлесе кăларнă.

Ĕнер Варшавăра Польша çарĕ пуçланни 10 çул тултарнă ятпа савăнăçлă лару пулса иртнĕ. Польша çарĕ 10 çул тултарни çинчен Наци оборонин министрĕн заместителĕ, Польша çарĕн тĕп политика управленийĕн начальникĕ бригаднăй генерал К. Виташевский доклад туса панă.

Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсен ячĕпе Польша çарĕн салтакĕсемпе офицерĕсене ССР Союзĕн Польшăри çар атташин заместителĕ П. Д. Герко саламланă.

Польша çарĕ 10 çул тултарнă ятпа савăнăçлă ларусем Польша Халăх Республикинчи ытти хуласенче те пулса иртнĕ.

## Неру Бомбей хулинче тухса калани

ДЕЛИ, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). «Хиндустан таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, премьер-министр Неру Бомбей хулинче пулнă митингра тухса каланă чух не ООН-ăн Корейăри командованийĕнчен «Кăнтăр Корея правительствин ответсăр ĕçĕсене сивлеме» чĕннĕ, «чаршав хыçĕнче пытанса тăмалла мар», тенĕ.

Лисынмановецсем демилитаризаци зонинче тăвакан провокацисем çинче тата вĕсем Инди çарĕсем çине хĕçпăшалпа тапăнас ĕçе организацилессипе хăратни çинче чарăнса тăрса, Неру çапла каланă: «Эпир Корейăна вăрçă вăрçма пыман. Эпир унта пысăк хĕçпăшалсемсĕр тата танксемсĕр пынă. Эпир унта икĕ енĕн командованийĕ чĕннипе хамăрăн обязанноçсене пурнăçлама пынă». «Кăнтăр корейцсем, — тенĕ малалла Неру, — перемири çинчен тунă килĕшĕве пăсрĕç, вĕсем перемири тунă хыççăн 4 кунтан тыткăнри 23 пин çар çыннине салатса ячĕç. Çак тыткăнри çар çыннисене репатриаци тĕлĕшпе ĕçлеме нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрса тунă комисси аллине памалла пулнă. Ку ĕçе сивлес пулать».

Малалла Неру çакна палăртнă: «Перемири çинчен тунă килĕшĕве пурнăçласси шĕн ООН-ăн ытти членĕсем те ответлă пулса тăраççĕ. Уйăрмăн илсен, США ответлă пулса тăрать, вăл Корейăри вăрçа пуринчен ытла хутшăннă».

## Инди хаçачĕсем американецсемпе лисынмановецсен провокацийĕсем çинчен

ДЕЛИ, октябрĕн 10-мĕшĕ. (ТАСС). Бенгалире тухса тăракан «Джугантар» хаçат, американецсемпе лисынмановецсем Корейăри демилитаризаци зонинче тăвакан провокацисем çинче чарăнса тăрса, çапла çырать: «Ли Сын Манпа Чан Кайши тăвакан саботажла ĕçсемшĕн США ри çар çыннисемпе властра тăракан ушкăнсем айăплă».

«Нью эйдж» хаçат çакна палăртать: американецсемпе лисынмановецсен провокацийĕсем «Корейăри мире кăна мар тата пĕтĕм Азири мире хăратса тăраççĕ». Хаçат хăйĕн статьинче: «Мире хирĕç тăвакан хăрушлăха пĕтермелле», тесе чĕннипе вĕçлет.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИ БУНДЕСТАГĔНЧЕ

БЕРЛИН, октябрĕн 9-мĕшĕ. (ТАСС). Хĕвеланăç Германири АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян Бонн бундестагĕ Аденауэра Федеральнăй канцлер пулма суйланă. Аденауэр майлă 304 сасă, ăна хирĕç — 148 сасă панă, 14 депутат сасăламан.

# Институтри кружоксем

Чăваш педагогика институтĕнчи студентсен наукăлла обществинче пин член ытла шутланать. Общество членĕсем, лекцисенпе практикăлла занятисенче тата семинарсенче кăна мар, кружоксенче те хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстереççĕ.

Институтри чи пысăк кружоксенчен пĕри — чăваш литературин кружокĕ. Унти занятисем яланах йĕркеллĕ, пысăк активлăхпа иртеççĕ. Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче кружок членĕсем чăваш совет писателĕсен çĕнĕ произведенийĕсене сӳтсе явнă, чăвашсен государство академи театрĕ лартнă постановкăсене пăхса тухнă, артистсене творчествăлла пăхса сĕнӳсем панă.

Çĕнĕ вĕренӳ çулĕ пуçлансанах кружок йĕркеллĕ ĕçлеме пуçларĕ. Нумаях пулмасть студентсем чăваш халăх поэчĕ П. Хусанкай çырнă «Чĕре юрри» поэмăна пăхса тухрĕç. Студентсем çĕнĕ произведение пысăк хак пачĕç, ситменлĕхсене пĕтерме поэта лайăх канашсем пачĕç.

Чĕлхепе литература уйрăмĕнчех лингвистсен, куçаракансен кружокĕсем те лайăх ĕçлеççĕ. Занятисенче пулас учительсем калаçу чĕлхине тĕплĕн паллашаççĕ.

История уйрăмĕнчи СССР историйĕпе пĕтĕмĕшле истори кружокĕсем уйрăмах паларса тăраççĕ. Çак кружоксен занятийĕсене студентсем яланах йышлăн пухăнаççĕ. Вĕсем, ССР Союзĕн, Чăваш АССР-ĕн историне тата ют çĕршывсен историне вĕренеççĕ. Халĕ кружоксен совечĕсем вырăс халăх историйĕн пĕррĕмĕш пайĕ тăрăх занятти ирттерме хатĕрленеççĕ.

Естествознанипе географи факультетĕнче биологи, пĕтĕмĕшле сухçантлăх кружокĕсем тунă.

Физикăпа математика факультетĕнче предмет кружокĕсен ĕçне йĕркеленĕ. Кунсăр пуçне, уйрăм кафедрăсем çумĕнче те наукăлла секцисем организациленĕ. Марксизм-ленинизм кафедри çумĕнче философи, политэкономи кружокĕсем, педагогика кафедри çумĕнче педагогикăпа психологи тата логика кружокĕсем ĕçлеççĕ. Психологи кружокĕ вырăссен чаплă ученăйĕ И. П. Павлов академик физиологи çинчен вĕрентнине сӳтсе явас тесе студентсен конференцине ирттерме хатĕрленет.

Институтри ДОСААФ организацийĕсенче те студентсем тĕрлĕ специальноçсем тупнаççĕ. Пĕлтĕр вунишар çын мотоциклпа, автомашинăпа çӳреме вĕреннĕ. Кăçал та ДОСААФ организацийĕнче парашютистсен, штурмансен, планеристсен, шлюпкăпа çӳрекенсен, радио тата ытти кружоксем те уçнă.

Институтра бюллетеньсем кăларса тăраççĕ, унта кружок членĕсем тĕрлĕ статьясем çыраççĕ.

**В. ШАЛТАЙКИН.**

### ПРОФСОЮЗ АКТИВĔН ПУХĂВĔ

Нумаях та пулмасть Советски районĕнче профсоюз активĕн пухăвĕ пулса иртрĕ. ВЦСПС-ăн XI-мĕш пленумĕн ĕçĕсем çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ А. Альянов юлташ доклад туса пачĕ. Пуху рабочисемпе служащисен пурнăçпа пĕлĕ условийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе решени йышăнчĕ.

**Н. АНДРЕЕВ.**

## ПĔЛТЕРНИ

Октябрĕн 13-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче, пĕррĕмĕш тата иккĕмĕш çул ĕçлекен политшкул руководителĕсен семинарĕ пулать. Тема: КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ 1953 çулхи сентябрĕн 7-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ докладĕ тăрăх «СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» йышăннă постановлени.

Семинара З. В. Кустарникова юлташ ирттерет.

**КПСС Шупашкар хула комитечĕ.**

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — октябрĕн 17-мĕшĕнче, сезон пуçланнă кун — «Энтип». Октябрĕн 18-мĕшĕнче — «Çемье чысĕ».

Спектакльсем каçхине 7 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ. Касса кăнтăрла иртсен 4 сехетре уçăлать.

Билетсем малтанах илсе хума пулать.

### КИНО

«УДАРНИК» — октябрĕн 13-мĕшĕнче илемлĕ фильм «Подвиг разведчика» (çĕнĕ копи). Сеанссем пуçланаççĕ: 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м., 20 с. 15 м. тата 20 сехет те 15 минутра.




РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-69, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство канторĕ—0-23.

НТ-08377. Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2273. Тираж 20.000 экз.